ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1953 ҫул
Апрель
26
ВЫРСАРНИКУН
№ 83 (8992)

36-мӗш ҫул тухать.
Хакӗ 20 пус.

**Совет Союзӗнчи рабочисем, колхозниксем, интеллигенци! Партипе правительство туса хатӗрленӗ политикӑна, пирӗн социализмла Тӑван ҫӗршыв хӑватне малалла тӗреклетмелли тата халӑх пурнӑҫне пӗрмаях лайӑхлатса пымалли политикӑна пурнӑҫа кӗртессишӗн активлӑ кӗрешӗр!**

(КПСС Центральнӑй Комитечӗ Майӑн 1-мӗшӗ ячӗпе чӗнсе каланисенчен).

# Президент Эйзенхауэр тухса калани пирки

Союзниксем—СССР, США, Англи тата Франци гитлерла фашизма ҫӗнтернӗренпе, тӗнчери иккӗмӗш вӑрҫӑ вӗҫленнӗренпе сакӑр ҫул иртрӗ. Аслӑ кӗрешӳри тӗп йывӑрлӑха совет ҫыннисем тӳссе ирттерчӗҫ. Вӗсем ҫак кӗрешӗвӗн йывӑрлӑхне хӑйсен Тӑван ҫӗршывӗн ирӗклӗхӗпе никама пӑхӑнманлӑхне хӳтӗлесе хӑварас, чуралӑха кӗрсе ӳкнӗ Европа халӑхне фашизм пусмӑрӗнчен хӑтарас, вӑрҫӑ чарӑннӑ хыҫҫӑн ҫирӗп мир тата халӑхсем хушшинче хӑрушсӑрлӑх туса хурас тесе чӑтса ирттерчӗҫ.

Халӑхсем хушшинчи мир ӗҫне ҫирӗппӗн хӳтӗлесе, Совет Союзӗ, халиччен пекех, тӗнчере пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлессине аталантарма тӑрӑшать. Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов 1953 ҫулхи мартӑн 9-мӗшӗнче тухса каланӑ сӑмахсенче совет халӑхӗ пӗтӗм тӗнчери мире тӗреклетессишӗн тӑнине кӑтартса панӑ.

Апрелӗн 16-мӗшӗнче Америкӑри редакторсен обществинче США президенчӗ Эйзенхауэр тӗнчери лару-тӑру ыйтӑвӗсем тӑрӑх тухса каланӑ. Ҫак сӑмах нумаях пулмасть Совет Правительстви тӗнчери тавлашуллӑ ыйтусене мирлӗн татса пама май пур тесе калани ҫине ответ панӑ пек пулса тӑрать.

Мӗнпур ҫӗршывсенчи общественноҫӑн анлӑ ушкӑнӗ президент сӑмахӗ пирки интересленни шӑпах ҫавӑнтан килет те ӗнтӗ. Вӗсем Совет Союзӗ мирлӗ пурӑнма тӑрӑшни ҫинчен ҫӗнӗрен тепӗр хут пӗлтернӗ пирки Англипе Америка блокӗн руководителӗсем мӗн шутланине пӗлесшӗн.

Президент Эйзенхауэр: «Эпир пӗтӗм Азире, пӗтӗм тӗнчери пекех, чӑн-чӑн тӑтулли мир туса хума тӑрӑшатпӑр», тенине, ҫавӑн пекех тата вӑл «тавлашуллӑ ыйтусенчен пӗри те—вӗсем пысӑк пулсан та, пӗчӗк пулсан та—ытти мӗнпур ҫӗршывсен прависене хисеплеме кӑмӑл тусан, татса параймн ыйтусем мар», тесе каланӑ сӑмахсене ырласа кӗтсе илнӗ.

Анчах та президент мир ҫинчен тата тавлашуллӑ ыйтусенчен пӗри те татса параймн ыйтусем мар, тесе калани вӑл ытти ыйтусем пирки каланӑ сӑмахсемпе килӗшсе тӑмасҫӗ.

Эйзенхауэр тухса каланинче чӑннипех миршӗн тӑрӑшнине курас текен ҫынсем ҫапла ыйтма пултараҫҫӗ: мир тума чӗнсе каланӑ сӑмахра президента мӗншӗн «атомлӑ вӑрҫӑ» тӑвассипе хӑратни кирлӗ пулчӗ-ха?

Ҫакнашкал калани президент, мир ҫинчен каланӑ сӑмахсене ӗненмеллерех тӑвассӗ-ши вара? Кирек мӗнле пулсан та, Совет Союзне илес пулсан, ҫавнашкал сӑлтавсем, тӳррипе каласан, ҫавнашкал юнаса каланӑ сӑмахсем нихҫан та хӑйсен тӗллевӗ патне ҫитме пултарайман тата ҫитме пултарас та ҫук.

США президенчӗ хӑйӗн сӑмахӗнче тӗнчери чылай ыйтусем ҫинчен каланӑ, ҫав ыйтусен пӗлтерӗшӗ пурте пӗр пек мар. Анчах, пӗтӗмӗшпе илсен, вӑл пуринчен ытла Совет Союзӗпе ҫыхӑну тытмалли ыйту ҫинче чарӑнса тӑнӑ. Вӑл ҫапла каланӑ: «Мана пӗр ыйту кӑна паллӑ — прогресс тӑвасси ҫав ыйтуран килет. Вӑл ыйту ҫапла: Совет Союзӗ мӗн тума хатӗр?» Унтан вӑл ҫапла хушса хурать: «Чӑнлӑха тӗрӗслеме ансат. Ана ӗҫпе кӑна ӗнентерме пулать», тет.

Мӗн-ха вара? Килӗшмесӗр тӑма ҫук: ӗҫсем сӑмахсенчен хаклӑрах.

Ҫавӑнпа та тӗнчери пысӑк ыйтусене илсе пӑхӑпӑр, мӗншӗн тесен мире тӗреклетесси ҫав ыйтусене тӗрӗс татса панинчен килет.

Чи малтан—Корея ыйтӑвӗ пирки.

Юлашки ҫулсенче Корейӑри вӑрҫӑ ҫинчен, Корейӑн нациллӗ пӗрлӗхне туса хурасси ҫинчен тӑракан ыйтусем пӗтӗм тӗнчери ҫынсене шухӑшлаттарнине йышӑнмасӑр тӑма пулать-и? Ҫак ҫулсенче нумай государствӑсен тулашри политики ҫавӑн пек ыйтусем тӑрӑх тӗрӗсленсе пынӑ та ӗнтӗ.

Совет халӑхӗ Корейӑра тӗрӗс мир туса хурас тӗлӗшпе тӑвакан мӗнпур ӗҫсене яланах пулӑшса пычӗ. Китай Халӑх Республикипе Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин правительствисем нумаях пулмасть панӑ сӗнӳсене Совет правительстви ырласа йышӑнчӗ. Ҫак сӗнӳсем, сӑмахран, ӗҫе тытӑнма тепӗр хут май пачӗҫ. Корейӑри вӑрҫа чарса лартмалли майсене туса пачӗҫ.

Тӗнчери ытти пысӑк ыйтусене илӗпӗр.

Сӑмахран, кам манма пултартӑр-ха Германи ҫинчен тӑракан ыйтӑва е Германин нациллӗ пӗрлӗхне демократиллӗ, мирлӗ никӗс ҫинче туса хурасси ҫинчен тӑракан тӗнчери пысӑк ыйтуран кам пӗтӗмӗшлӗ сӑмахсем калакаласа пӑрӑнса кайма пултартӑр-ха? Калӑпӑр, Германи хӗвеланӑҫ пайне вӑл е ку государство Европа тӗлӗшпе хӑй тытса пыракан «сирпӗнтерӳллӗ» тулашри политикӑн хӗҫпӑшалӗ вырӑнне кӑна шутлани Германире кӑна мар тата унӑн тулашӗнче те кама тивӗҫтерме пултартӑр-ха? Германи хӗвеланӑҫ пайӗ пирки ҫавнашкал политика тытса пыракансем куҫ ҫинчен Европӑри хӑшпӗр халӑхсем, пуринчен малтан, Франци халӑхӗ, милитаристла Германирен пӗр хут кӑна мар инкек курнӑ халӑх, мӗн шутланине шута илмесӗҫ.

Паллӑ мар-и вара, Германи ҫинчен тӑракан ыйтӑва татса панӑ чухне Германипе кӳршӗллӗ мӗнпур ҫӗршывсен интересӗсене, Европӑри мире тӗреклетмелли интересене, чи малтан, Германи халӑхӗн нациллӗ туйӑмне уйрӑмах шута илни кирлӗ.

США президенчӗ каланӑ сӑмахра ҫак ыйтӑва татса памалли никӗсе кӑтартман. Вӑл Германи ыйтӑвӗ тӑрӑх тӑватӑ державӑ Потсдамра тунӑ килӗшӳ пуррине те пӑхса тӑман. США-н халиччен правительстви те ҫавнашкалах хӑтланнӑ. Германи ыйтӑвне Европӑра мир туса хурас тӗллевпе тӗрӗс татса пама шухӑш пулсан,—Совет Союзӗ яланах ҫавӑн пек тума тӑрӑшать ӗнтӗ.

Англипе Америка блокӗ ҫакна шута илмест пулсан, вӑл малашне те хӑй палӑртса хунӑ ҫулпах пыма шутлать пулсан, ҫапла вара Германие пӗрлешмелле мар туса хурать тата унӑн хӗвеланӑҫӗнчи пайӗнчен милитаристла государство туса хурать пулсан, власть реваншистсен аллинче юлать пулсан, вӑл Германи халӑхӗ тӗлӗшпе тӳсме ҫук пысӑк йӑнӑш тӑвать. Германи ыйтӑвӗ тӗлӗшпе ҫавӑн пек ҫулйӗрпе кайни вӑл, ҫавӑнпа пӗрлех, Европӑри мӗнпур мире юратакан государствӑсен тата мӗнпур прогрессивлӑ этемлӗхӗн интересӗсене те хирӗҫ пырать.

Сӑмах Германипе мӗнле те пулсан хӑвӑртрах мирлӗ договор тӑвасси ҫинчен пырать. Ҫав договор Германи халӑхне пӗр государствӑна пӗрлешме тата ӑна мире юратакан халӑхсен ҫемйинче тивӗҫлӗ вырӑн йышӑнма май памалла.

США президенчӗн сӑмахӗнче, пӗтӗм тӗнчери нумай ыйтусем пирки хускатнӑ сӑмахра, Китай Халӑх Республики ҫинчен, ӑна Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗнче ытти ҫӗршывсемпе пӗр тан правӑсем памалли ҫинчен, унӑн территори тӗлӗшпе законлӑ прависем, вӑл шутра Тайвань утравӗ ҫинчен нимӗн те каламан. Ҫак ыйту хальхи вӑхӑтра пӗр тӑхтаса тӑмасӑр татса памалли пӗтӗм тӗнчери пысӑк ыйтусен шутне кӗмест-и вара? Ҫапах та, ҫакӑ факт пулса тӑрать: ку пысӑк сӑмахра Китай ҫинчен тӑракан ыйтӑва ҫутатса паман. Ку вӑл пӗрмай аталанса пыракан событисене тепӗр майлӑ улӑштарма тӑрӑшнинчен тухса тӑракан политикӑна Китай тӗлӗшпе ҫине тӑрса тытса пынине пӗлтерет. Ҫакӑн пек политика пурпӗрех путланса ларассине куҫпуҫлӑ ҫын кашниех курать.

Эйзенхауэр хӑйӗн сӑмахӗнче пилӗк «заповедь» палӑртать. Вӑл каланӑ тӑрӑх, ҫав «заповедьсем» «Пӗрлешӳллӗ Штатсем пӗтӗм тӗнчери ӗҫсем тӗлӗшпе хӑйсене хӑйсем мӗнле тыткаланине» палӑртаҫҫӗ. Ку «заповедьсенче» ҫапла каланӑ: «пӗтӗм этемлӗх мир, тӑванлӑхпа тӗрӗслӗх пуласса кӗтет», «кашни ҫӗршывӑн, хӑй суйласа илнӗ тӑрӑх, хӑйӗн тытӑм йӗркине тата экономикӑлла системине тума право пур», «кирек мӗнле ҫӗршыв тепӗр ҫӗршыва тытӑм йӗркине йышӑнтарма хӑтланнине тӳрре кӑларма ҫук» тата ытти те.

Ҫак принципсем чӑнахах США политикине палӑртса тӑраҫҫӗ пулсан, вӗсем пӗтӗмӗшле декларацисем кӑна пулса юлмаҫҫӗ пулсан, ку вӑл Корея ыйтӑвӗ тӗлӗшпе те, Германи тӗлӗшпе те, Китай тӗлӗшпе те палӑрнӑ пулӗччӗ. Ку декларацисене ӗҫпе ҫирӗплетсе пани ҫук. Тӗнчери ҫакӑн пек ыйтусене тата ытти нумай ыйтусене татса панӑ чухне США-н чӑн-чӑн политики ку таранччен ҫавӑн евӗрлӗ декларацисене сахал шута илнӗ.

Президент тухса каланӑ сӑмахра Хӗвелтухӑҫ Европӑри халӑхсемпе уйрӑмах интересленни курӑнать. Вӑл каланӑ тӑрӑх, Хӗвелтухӑҫ Европӑри ҫӗршывсенчи тытӑм йӗркине урӑх ҫӗршывсем йышӑнтарнӑ пулать. Кун пек калани пурте пӗлекен фактсене хирӗҫ пырать, ҫав ҫӗршывсенчи чӑн-чӑн лару-тӑрӑва тӗрӗс мар кӑтартса парать.

Фактсем ҫакна кӑтартса параҫҫӗ: Хӗвелтухӑҫ Европӑри халӑхсем хӑйсен прависемшӗн ҫине тӑрса кӗрешнипе кӑна халӑх демократиллӗ формӑллӑ хальхи тытӑм йӗркине турӗҫ, ҫӗнӗ условисенче ҫӗҫ вӗсем хӑйсен государствисенче экономикӑпа культурӑна питех те вӑйлӑн аталантарма пултарчӗҫ. Ҫак халӑхсем сирпӗтсе антарнӑ реакциллӗ режимсене тепӗр хут власть илме пулӑшас тӗллевпе Совет Союзӗ хутшӑнассине кӗтни тӗлӗнтернӗ пулӗччӗ.

Ҫав вӑхӑтрах президент пурте пӗлсе тӑракан историллӗ закономерноҫа хирӗҫ пырать. Вӑл Совет Союзӗн руководстви «коммунизмла тӗнчере хӑйӗн пысӑк влиянийӗне усӑ курса» Азири колонисенчи тата ҫурмаколонисенчи халӑхсен ӗмӗрхи пусмӑрпа чуралӑха хирӗҫ, ирӗке тухассишӗн пыракан юхӑмне чарса лартма «чӗнет». Наци ирӗклӗхӗшӗн пыракан юхӑма уйрӑм «усал шухӑшлӑ» ҫынсем хӗтӗртнипе пулнӑ ӗҫ тесе шутланӑ чухне пӗтӗм тӗнчери проблемӑсене тӗрӗс ӑнланассине шанма хӗн.

Президент «ытти халӑхсене, вӑл шутра Хӗвелтухӑҫ Европӑри халӑхсене те» ытти ҫӗршывсемпе «пӗтӗм тӗнчери право тӑрӑх тунӑ пӗрлешӳре» пӗрлешме ирӗк парасси ҫинчен асӑннӑ. Ҫакна пачах ӑнланма ҫук. Хӑшпӗр халӑх демократи ҫӗршывӗсене Пӗрлешнӗ Нацисен Организацине илме кам чӑрмантарнине, аслӑ Китайӑн законлӑ прависене ООН-ра хисеплеме кам чӑрмантарнине пурте пӗлеҫҫӗ. 14 ҫӗршыва Пӗрлешнӗ Нацисен Организацине илме панӑ сӗнӗве—Англипе Америка блокӗ хирӗҫ тӑнипе сирсе янӑ сӗнӗве—Совет Союзӗн представителӗсем тӑратман-и вара?

Австрипе тумалли договор пирки те тепӗр хут ҫапла калама пулать: кунта та, халиччен каласса таталнӑ йӗркепе тӑрӑх, Австри халӑхӗн демократиллӗ прависене чӑннипех те хисепленипе татса пама май килмен ыйтусем ҫук.

Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗ пирки.

Президент хӑйӗн сӑмахӗнче Пӗрлешнӗ Нацисен Организацине мӗнпур халӑхсен мирпе хӑрушсӑрлӑхне витӗмлӗ хӳтӗлеме пултаракан институт туса хума хатӗр пулни ҫинчен каланӑ.

Ҫак организаци халӗ хӑйӗн задачисене пурнӑҫласа пымасть пулсан, ҫакӑншӑн Совет Союзӗ айӑплӑ мар. Анчах халӗ те ҫав организаци ӗҫӗсен пӗлтерӗшне, уйрӑмах унӑн мире тата пӗтӗм тӗнчери хӑрушсӑрлӑха ҫирӗплетес ӗҫри пӗлтерӗшне ӳстерме вӑхӑт иртмен, халӗ те ӳстерме пулать. Мире тата пӗтӗм тӗнчери хӑрушсӑрлӑха ҫирӗплетесси ҫав организацин тӗп тӗллевӗ пулнӑ та ӗнтӗ.

Ҫакна тума, пуринчен малтан, ООН принципӗсене унӑн пур членӗсем те пурнӑҫласа пыни кирлӗ, унӑн Уставӗн тӗп никӗсӗсене пӑсни пулмалла мар. Ҫакна тума акӑ мӗн кирлӗ: пӗр правительство та ООН-ран хӑйӗн тулашри политикине пурнӑҫлама пулӑшакан орган тума ан тӑрӑштӑр, мӗншӗн тесен ҫавӑн пек туни Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗн принципӗсемпе те, тӗнчери ҫӗршывсем пӗр-пӗринпе йӗркеллӗ килӗштерсе ӗҫлес тата мире тӗреклетес интересӗсемпе те килӗшсе тӑмасть.

Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗн Уставӗ ҫине ООН-ӑн 60 членӗ мӗншӗн алӑ пуснӑ-ха? Уставӑн питех те кирлӗ пайӗ вӑл мире сыхласа тӑрас ыйтусене Хӑрушсӑрлӑх Советӗнче пӑхса тухнӑ чухне пилӗк аслӑ держава пӗр саслӑ пулса решени йышӑнмалли правило пулса тӑрать. Мӗнпур ҫӗршывсем йышӑннӑ ҫав правилӑна хӑшпӗр государствӑсем практикӑра пӑсса пычӑр тесе алӑ пусман-ҫке! Паллах, тӗнчери ҫӗршывсем хушшинчи ҫак принципа — ООН тата Хӑрушсӑрлӑх Совечӗн ӗҫӗсене чӑрмантаракан йывӑрлӑх е чӑрмав кӳтӗр тесе алӑ пусман.

Юлашкинчен тӗнчери чи пысӑк ҫӗршыва — Китая Хӑрушсӑрлӑх Совечӗпе Генеральнӑй Ассамблея ӗҫне хутшӑнма май паманнине, унӑн вырӑнӗнче ООН органӗсенче гоминдан ҫатемни пулнине кам йӗркеллӗ тесе шутлама пултартӑр-ха.

Ҫакӑн пек положени ООН авторитетне тӗреклетес ӗҫре ӑҫтан пулӑшма пултартӑр-ха? Ҫакӑн пек чухне Пӗрлешнӗ Нацисен Организацийӗн ӗҫӗсем йӗркеллӗ аталанса пырассине тата вӑл хӑйӗн мирпе пӗтӗм тӗнчери хӑрушсӑрлӑха тӗреклетес ӗҫри обязанноҫӗсене пурнӑҫласа пырассине шанса тӑма ӑҫтан май килтӗр-ха?

Кирек мӗнле пулсан та, ку ыйтӑва ҫавӑн пекех пӗтӗм тӗнчери хальхи чылай ҫивӗч ыйтусене, татса парассинчен пӑрӑнма ҫук. Эпир пурте сӑмахсем сахалтарах, ӗҫсем нумайрах пулччӑр тесе тӑрӑшатпӑр пулсан, ҫавӑн йышши ыйтусене татса памалли ҫул-йӗрӗс тупма май пурри уҫҫӑнах курӑнса тӑрать.

Президент хӑйӗн сӑмахӗнче хӗҫпӑшалсене чакарас ыйтӑва экономикӑлла ыйтусем, ҫуклӑхпа нушана хирӗҫ кӗрешес ыйтусем ҫине тата тимлӗрех пӑхма кирлине ҫыхӑнтарнӑ пулсан, ҫакна вӑл пӗр сӑлтавсӑрах туман ӗнтӗ. Анчах та ҫак ӗҫе, «пӗтӗм тӗнчене пулӑшмалли фонд» тунипех ирттерсе ярас теҫҫӗ пулсан, президент ҫавӑн ҫинчен калать те ӗнтӗ, ҫакӑ никама та ҫырлахтарма пултараймӗ.

Ку ыйтӑва татса пама ҫӗршывсем чӑннипех анлӑ тата демократиллӗ йӗркепе хутшӑнса ӗҫлесен, халӑхсен суверенлӑ прависене пӗтӗмпех хисеплесен тата пулӑшу илекен ҫӗршывсене политикӑлла условисемпе ҫыхӑнтармасан, ку ӗҫӗн результачӗсем урӑхла пулӗҫ.

Президент «пӗтӗм тӗнчене пулӑшмалли фонд» пирки каланинчен халлӗхе ҫапла шухӑшлама пулать: кунта пирӗн умра «Маршалл планӗн» — пурнӑҫланма пултарайман планӑн ҫӗнӗ варианчӗ, ҫавӑнпа пӗрлех «Трумэнӑн тӑваттӑмӗш пункчӗ» текенскерне, халӑхсем килӗштерменскерне, урӑх ят пани кӑна.

Юлашки вӑхӑтра ӗҫ Америкӑн экономикӑлла «пулӑшӑвӗнчен» тӳрремӗнех пӑрӑнасси патне ҫитнине те шута илмесӗр тӑма ҫук. Ҫакӑ вӑл Бирма тата ытти хӑшпӗр государствӑсен тӗслӗхӗнчен курӑнса тӑрать.

Тата ҫакӑ паллӑ. Юлашки вӑхӑтра чылай государствӑсем США-ран «пулӑшу» илесшӗн мар. Государствӑсем пӗр-пӗрин хушшинче йӗркеллӗ суту-илӳ тӑвасшӑн. Тӗнчери ҫӗршывсем хушшинче тавар саврӑнӑшне сарас ӗҫре Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсем ҫӗнӗрен те ҫӗнӗ чӑрмавсем кӑларса тӑратнине хирӗҫ тӑраҫҫӗ.

США ертсе пыракан блокри ҫӗршывсенче те, пуринчен малтан Англире, демократилле лагерьти государствӑсемпе ҫыхӑнса суту-илӳ тӑвассине США пӳлнӗшӗн кӑмӑлсӑрланни хытӑрах та хытӑрах палӑрать.

Президент хӑйӗн сӑмахӗнче мирлӗ пурӑнма чӗнсе каланине, паллах, эпир хамӑр енчен тивӗҫлипе ырлатпӑр. Анчах ҫак факта — хальхи вӑхӑтра США правительствин тулашри политики мире юратмалли ҫинчен чӗнсе каланинчен инҫетре тӑнине шута илмесӗр хӑварма йывӑр. Эйзенхауэр тухса каланӑ хыҫҫӑн икӗ кун иртсен США государство секретарӗ Даллес президент сӑмахне ӑнлантарса панӑ.

Даллес каланӑ сӑмах Эйзенхауэр сӑмахӗсене «вӑрҫӑ документчӗ» туса хума тӑрӑшни пулать, тесе хак панӑ Англин лейбористла правительствин министрӗ пулнӑ Стрэйчи. Вӑл каланипе килӗшмесӗр тӑма ҫук.

Эйзенхауэр хӑйӗн сӑмахӗнче Китай ҫинчен нимӗн те шарламанни пурне те питӗ тӗлӗнтерчӗ пулсан, вӑл мӗншӗн ҫапла тунине Даллес кӑштах ҫутатса пачӗ. США правительстви «нациллӗ» Китайӑн, урӑхла каласан, Чан Кай-ши хӳрешкисен кун-ҫулӗ пирки тӑрӑшать иккен. Китай халӑхӗ ҫӗнтерӳллӗн кӗрешсе, Чан Кай-ши хӳрешкисене ҫӗршывран хӑваласа янӑ ӗнтӗ. Чӑн-чӑн нациллӗ Китайпа унӑн пӗртен-пӗр законлӑ халӑх демократиллӗ правительстви пирки каланӑ чухне Даллес США правительстви Китай Халӑх Республикине хирӗҫ политикӑлла тата экономикӑлла блокада организацилемине мухтать.

Даллес хӑлаҫланни тахҫанах паллӑ. Тен, унӑн сӑмахӗ президент сӑмахне хӑйне майлӑ ӑнланса каланӑ сӑмах пулать пулӗ. Анчах ҫакна манма юрамасть: вӑл США Госдепартаментне ертсе пырать, ҫавӑпа унӑн сӑмахӗсене, — ирӗклӗ-и, ирӗксӗр-и,—Эйзенхауэр ертсе пыракан правительствӑн официальнӑй шухӑшӗпе ҫыхӑнтараҫҫӗ.

Ҫавӑнпа та Даллес калани: Совет руководителӗсем тавлашуллӑ ыйтусене мирлӗ майпа татса пама чӗнсе каласси США тытса пыракан ҫирӗп политика текенскер хӗснипе пулнӑ, тесе каланӑ пирки шарламасӑр иртме пултараймастпӑр эпир. Пӗтӗм тӗнче ҫакна пӗлсе тӑрать: Совет руководителӗсем хӑйсен ӗҫӗ мӗнле пулмаллине СССР тӗлӗшпе вӑл е ку ҫӗршыв «хытӑ» е «ҫемҫе» политика тытни тӑрӑх мар, совет халӑхӗн тӗп интересӗсене, мирпе тӗнчери хӑрушсӑрлӑх интересӗсене шута илни тӑрӑх палӑртаҫҫӗ.

Даллес хӑйне хӑй паттӑррӑн тыткалани кама та пулин лайӑх пек туйӑнма пултарсан та, ҫакӑнтан нимӗн те тухма пултараймасть, уйрӑмах дипломати енӗпе. США енчен мирлӗ сӗнӳсем тӑратма пултарассине «Европӑри оборона пӗрлешӗвӗ» текенскерне туса хунипе, «французсемпе нимӗҫсен хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсене кӗртсе пӗрлешӳллӗ хӗҫпӑшаллӑ вӑйсем» организацилемелли плансемпе ҫыхӑнтарса, урӑхла каласан, малалла та хӗҫпӑшалланса пырассипе ҫыхӑнтарса, Даллес, тен, хӑй кӗтмен ҫӗртенех, США тытса пыракан политикӑн чӑн-чӑн пӗлтерӗшӗ ҫинчен каласа панӑ пулӗ. Эйзенхауэр сӑмахӗн чӑн-чӑн пӗлтерӗшӗ Даллес каланӑ пекех пулсан, вӑл мире тӗреклетес интересем енчен илсен, кирлӗ ӗҫсем патне илсе пыма пултараймасть.

США официальнӑй представителӗсем ҫакнашкал калаҫнӑ май США-н хальхи вӑхӑтри тулашри политики чӑннипе мӗнле пулни ҫинчен татса калама йывӑр.

Совет руководителӗсен шучӗпе чӑннипех мире тӗреклетме пулӑшакан сӗнӳсем тӗнчери лару-тӑрӑва лайӑхлатмалли никӗс пулма пултараҫҫӗ. Анчах ку вӑл совет руководителӗсем ҫак сӗнӳсене, кивҫинчен ҫӗнетсе тунӑ сӗнӳсене, мирлӗ сӗнӳсем вырӑнне хурса йышӑнма хатӗр тӑнине пӗртте пӗлтермест.

Хӑйӗн сӑмахӗнче президент Эйзенхауэр вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи тапхӑрти ӗҫсем ҫинче чарӑнса тӑнӑ, «ҫӗнтерӳ ҫуркуннинче хӗвеланӑҫри союзниксен салтакӗсем Россия салтакӗсемпе Европа варринче тӗл пулнинчен» тытӑнса калама пуҫланӑ.

Ҫак итогсем ҫинчен каласа, Эйзенхауэр: вӑрҫӑ чарӑннӑ хыҫҫӑн тӗнчери ҫӗршывсем пӗр-пӗринчен уйрӑлса икӗ ҫулпа кайрӗҫ, тенӗ. Ҫакӑн ҫинчен каланӑ чухне, фактсене хирӗҫ пырса, Эйзенхауэр ӗҫсене ҫапла кӑтартса пама пӑхать: Англипе Америка блокне кӗрекен ҫӗршывсем мире тата халӑхсем хушшинчи хӑрушсӑрлӑха тӗреклетес тӗллев тытнӑ пулать, Совет Союзӗ тата унпа туслӑ государствӑсем ҫав ҫулпа пырасшӑн пулман пулать. Ана тата ҫапла та ӑнланма пулать: вӑрҫӑ сиен кӳнӗ хуҫалӑха ура ҫине тӑратни тата вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи тапхӑрта Совет Союзӗн экономикӑлла хӑватне тӗреклетни «агрессин ҫӗнӗ хӑрушлӑхӗ» пулса тӑрать имӗш.

Совет Союзӗ пирки ҫакӑн пек калани, сахалтан та, объективлӑх туйӑмне сухатнине, пурте пӗлсе тӑракан ӗҫсене шута илес мар тенине пӗлтерет. Ӗҫсем вара пирӗн ҫӗршывӑн мире юратакан тӗллевӗсем ҫинчен кӑна мар тата Совет Союзӗ пӗтӗм тӗнчери мире тӗреклетес тӗлӗшпе ҫирӗпрен те ҫирӗп тӗрек, тӗп фактор пулни ҫинчен тата малашне те ҫавӑн пекех пуласси ҫинчен калаҫҫӗ.

Президент, ҫакӑн пек каласа, Англипе Америка блокӗ мӗн чухлӗ те пулин мире юратакан блок пулнӑ пек кӑтартасшӑн пулнӑ пулмалла. Анчах США-н ҫар расхочӗсем ытла та пысӑкланса ҫитни ҫинчен, ҫултан-ҫул ӳссе пыракан ҫар расхочӗсем ҫинчен вӑл хӑй илсе кӑтартнӑ цифрӑсемпе фактсем урӑххи ҫинчен калаҫҫӗ.

Ҫак фактсем США халӑх хуҫалӑхне нихҫанхинчен те ытларах милитаризацилесе ҫитерни ҫинчен, ҫар расхочӗсем халӑхшӑн тӳсме ҫук йывӑрланса ҫитни ҫинчен, США-ра васкаса хӗҫпӑшалланни ҫӗршыва сехӗрлентерсе ӳкересси тата питех те йывӑрлатасси патне илсе ҫитерни ҫинчен калаҫҫӗ.

Эйзенхауэр Америка правительстви тупӑсемпе ракетнӑй снарядсем, бомбардировщиксемпе истребительсем, эсминецсемпе ытти ҫар карапӗсем тума питех те пысӑк расход туни ҫинчен каланӑ, ҫакна май агрессилле Ҫурҫӗр Атлантика блокне мухтама та манман. Паллӑ ӗнтӗ, Ҫурҫӗр Атлантика пакчӗ хавхалантаракан политика ҫӗнӗрен ҫав тери пысӑк ҫар расхочӗсем пулмаллине пӗлтерет. Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсенчен темиҫе пин километр инҫетре, уйрӑмах ССР Союзне хирӗҫ агрессилле тӗллевпе усӑ курма шутлакан территорисем ҫинче ҫар базисем туни тата вӗсене тытса тӑни Америкӑри налог тӳлекенсенчен пухакан питех те нумай укҫана пӗтерни пулать.

Президент эсминец, истребитель, бомбардировщик тата ытти те тума мӗн хака ларни ҫинчен тата, ҫавӑн пек ҫар объекчӗсем тума пӑрахсан, миҫе бушель тулӑ тата миҫе тонна сӗр мамӑкӗ перекетлеме е шкулсемпе больницӑсем тума май килни ҫинчен каланӑ. Ҫавна май цифрӑсем сахал мар илсе кӑтартнӑ. Анчах та президент калани пачах ҫитеӗксӗр. США президенчӗ атомлӑ бомбӑсен запасӗсене туни, ҫавӑн пекех США чиккисенчен инҫетре нумай ҫӗршер ҫар базисем туни (ҫаксем вӗсем США оборонин интересӗсемпе нимӗн чухлӗ те ҫыхӑнса тӑмаҫҫӗ вӗт-ха) Америка халӑхне мӗн хака ларни ҫинчен каласа панӑ пулсан, чӑнлӑх патне чылай ҫывӑхарах тӑракан тата нумай усӑллӑрах картина пулнӑ пулӗччӗ. Анчах та ун ҫинчен уҫҫӑн тата усӑмлӑн калама «аван мар» е «усӑллӑ мар» тесе шутлаҫҫӗ пулмалла. Апла пулин те, ҫавӑн йышши фактсен чӑн-чӑн пӗлтерӗшне унсӑрах ӑнланмалла. Ҫав фактсенче пурнӑҫлама май килмен тӗллевпе—пӗтӗм тӗнчере пуҫ пулас тӗллевпе тытса пыракан тулашри политика палӑрать. Ҫав политикӑна хирӗҫ тӑрасси нумай ҫӗршывсенчи анлӑ массӑсем хушшинче вӑйланса пырать.

Пирӗн ҫӗршыва илес пулсан, пурте пӗлеҫҫӗ ӗнтӗ, вӑрҫӑ хыҫҫӑн хӑйӗн халӑх хуҫалӑхне юсама тата малалла аталантарма пӗрмай тӑрӑшса, Совет Союзӗ васкаса хӗҫпӑшал туса хатӗрлес ҫулпа каймарӗ. Совет Союзӗ ун пек ҫулпа каймарӗ кӑна мар, вӑл тата ҫакӑн пек конкретлӑ сӗнӳсем пӗр хут ҫеҫ мар пачӗ: аслӑ державӑсен, ытти государствӑсемпе пӗрле, хӗҫпӑшалланассине пӳлме тата пӗр тӑхтаса тӑмасӑр хӗҫпӑшаллӑ вӑйсемпе ҫар расхочӗсене чакарма татӑклӑ мерӑсем йышӑнмалла. Ҫакӑнпа пӗрлех атомлӑ хӗҫпӑшалпа усӑ курма чарасси ҫинчен калаҫса татӑлмалла. Ҫак мӗнпур мероприятисене пурнӑҫланине пӗтӗм тӗнчере ҫирӗп тӗрӗслесе тӑмалли йӗрке тумалла, ҫав решенисене мӗнле те пулин государство пӑсма ан пултартӑр.

Эйзенхауэр хӑйӗн сӑмахӗнче хӗҫпӑшалсене чакарас ыйтӑва та асӑннӑ. Ку ыйту пирки пилӗк пункт пур. Совет Союзӗ, паллах, ҫав пунктсенче каланӑ сӗнӳсене хирӗҫ мар. Анчах та ҫав сӗнӳсем пурте ытла та пӗтӗмӗшле сӗнӳсем. Ку вӑл, паллах, хӗҫпӑшалсене чакарас тӗлӗшпе пӗр тӑхтаса тӑмасӑр тумалли ӗҫе вырӑнтан хускатма пултараймасть.

Эйзенхауэр каланӑ тӑрӑх ҫакӑн пек пулса тухать: США правительстви яланах хӗҫпӑшалсене чакарасшӑн тӑнӑ мӗн, Совет Союзӗ вара ӑна хирӗҫле позици йышӑннӑ, ҫав ӗҫе чӑрмантарасшӑн пулнӑ пулать.

Ҫакӑнтан Англипе Америка блокӗнчи ҫӗршывсенче юлашки ҫулсенче васкаса хӗҫпӑшал туса хатӗрленишӗн айӑпа Совет Союзӗ ҫине йӑвантарма хӑтланни курӑнать. Анчах та ҫакӑн пек хӑтланма нимӗнле сӑлтав та ҫук, ку вӑл айӑпа урӑх ҫын ҫине яма тӑрӑшнине ҫеҫ пӗлтерет.

Чӑнах та, Совет Союзӗнче-и вара Корейӑри вӑрҫа тата васкаса хӗҫпӑшал туса хатӗрленине усӑллӑ «бизнес», ӗҫлӗхлӗ активлӑх тумалли тата пӗтӗм халӑха ӗҫ тупса памалли чи лайӑх меслет тесе мухтанӑ? Совет Союзӗнче-и вара «миртен хӑрани» текенскерӗ пур-и, пӗтӗм тӗнчери лару-тӑрури йывӑрлӑх ҫӑмӑлланни ҫинчен пӗлтерсен биржӑсенче акцисен курсӗ йӳнелет-и? Ҫаксем вӗсем Совет Союзӗнче мар, Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсенче пулса иртеҫҫӗ. Мӗншӗн кунта Совет Союзне асӑнмалла-ха? Совет Союзне васкаса хӗҫпӑшал туса тултарни кирлӗ мар. Вӑл яланах ҫирӗп, нумай вӑхӑтлӑха пыракан миршӗн тӑнӑ, халӗ те ҫавӑншӑнах тӑрать, миртен хӑрамасть.

Паллах, Эйзенхауэр ҫакӑн пирки тӗрӗс каланӑ: гитлерла Германие ҫӗнтернӗ хыҫҫӑн СССР тата США ҫулӗсем уйрӑлса кайрӗҫ. Анчах та ҫак факта Эйзенхауэр апрелӗн 16-мӗшӗнче тухса каланӑ сӑмахра тӗрӗс мар ҫутатса панӑ, пӑсса кӑтартнӑ теме те юрать.

Фактсен ҫирӗп никӗсӗ ҫинче тӑрас пулсан, ҫак ӗҫре паллӑ мар ыйтусем пачах пулмӗҫ. Чӑнахах ӗнтӗ, Англипе Америка блокӗнчи ҫӗршывсем, тӗнчери иртнӗ вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче СССР союзникӗсем пулнӑскерсем, ҫав вӑрҫӑ хыҫҫӑн тӳрех хӑйсен политикин рульне урӑх еннелле пӑрнине пытарма юрамасть. Вӗсем чылай енчен каллех малтанхи вӑрҫӑчченхи ҫул ҫине тӑчӗҫ. Ун чухне вӗсем Совет Союзӗпе тытнӑ ҫыхӑнусене ниепле те туслӑ ҫыхӑнусем тесе калама май килмест. Ун чухне вӗсен политики ялан Совет Союзӗн политикине хирӗҫ пынӑ.

Совет политикинче темӗнле паллӑ эра вӗҫленнӗ тесе, тӗлӗнтермелле каланӑ пирки эпир президентпа дискусси тума шутламастпӑр. Анчах та эпир президент СССР правительствин халиччен тытса пынӑ политикӑна малашне йышӑнмалла мар тесе, вывод тунинчен тӗлӗнмесӗр иртсе кайма пултараймастпӑр. СССР правительстви халиччен тытса пынӑ политика тӗрӗс пулнине пӗтӗм тӗнчери событисем аталанса пыни ҫирӗплетсе панӑ.

Эра пуҫланассине е вӗҫленессине пӗр е тепӗр государствӑна ҫӗнӗ ҫынсем ертсе пыма тытӑннипе ҫыхӑнтарас пулсан, Эйзенхауэр правительстви власра тӑма тытӑннӑ хыҫҫӑн США политикинче эра вӗҫленесси ҫинчен калама пирӗн сӑлтавсем ытларах пулнӑ пулӗччӗ. Анчах США-н ҫӗнӗ президенчӗ хӑй темшӗн пӗр сӑмахсӑрах малтанхи президентӑн политикине пӗтӗмӗшпех хӳтӗлет.

Президент хӑйӗн сӑмахӗнче «чӑн-чӑн мирлӗ тӗллеве кӑтартса паракан кирек мӗнле ӗҫе те саламлама» хатӗр пулни ҫинчен пӗлтернӗ. Ҫакӑнпа пӗрлех вӑл ыйту панӑ: Совет Союзӗ мӗн тума хатӗр?

Пурте пӗлеҫҫӗ ӗнтӗ, Совет Союзӗ пӗтӗм тӗнчере тухса тӑнӑ ыйтусене туслӑн сӳтсе явса татса пама хатӗр пулнине яланах кӑтартса панӑ.

США президенчӗ хӑйӗн сӑмахӗнче мир ҫинчен панӑ сӗнӳсене темшӗн малтан Совет Союзӗ умне лартнӑ чылай условисемпе ҫыхӑнтарма кирлӗ тесе шутлать. Анчах та вӑл хӑйӗн сӑмахӗнче ҫав условисене США енчен тивӗҫлӗ обязательствӑсемпе ҫирӗплетсе паман.

Ыйтӑва ҫакӑн пек лартнине хирӗҫ пӗтӗм тӗнчери тӗрлӗ сийсен ҫыннисем тивӗҫлипе отпор параҫҫӗ. Пӗтӗм тӗнчере тухса тӑнӑ ыйтусене тата пӗтӗм тӗнчери лару-тӑрӑва палӑртса тӑракан вӑйсемпе факторсен ҫыхӑнӑвне чӑннипех хаклама пӗлекен ҫынсене ыйтӑва ҫавӑн пек лартни тӗлӗнтермесӗр тӑма пултарайман. Англире тухса тӑракан «Таймс» хаҫат тӗрӗссипе ҫапла палӑртрӗ: «пӗр ҫӗршывта—Совет Союзӗ те, Пӗрлешӳллӗ Штатсемпе Англи те — мирлӗ мероприятисене пӗр енӗ кӑна кӑларса тӑратнӑ условисем тӑрӑх сӳтсе явма килӗшес ҫук».

Паллӑ ӗнтӗ, Совет руководителӗсем пӗтӗм тӗнчери проблемӑсене татса парас тӗлӗшпе чӗнсе каланӑ чухне США е Англипе Америка блокӗнче тӑракан е тӑман ытти ҫӗршывсем умне малтанах требованисем кӑларса тӑратмаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл Совет Союзӗн нимӗнле претензисем те ҫуккине пӗлтерет-и-ха? Паллах, пӗлтермест. Апла пулин те Совет руководителӗсем США правительстви е урӑх ҫӗршыв правительстви тавлашуллӑ ыйтусене туслӑн татса парас тӗлӗшпе паракан кирек мӗнле сӗнӗве те ырласа йышӑннӑ пулӗччӗҫ. Ҫакӑ вӑл Совет Союзӗ тивӗҫлӗ проблемӑсене ҫӗршывсем хушшинче калаҫусем ирттернипе тата, кирлӗ пулсан, ООН-ра та, сӳтсе явма хатӗр тӑни ҫинчен калать.

Президент сӑмахӗнче ҫапла каланӑ: пӗтӗм тӗнчери тавлашуллӑ ыйтусене татса панӑ чухне «Пӗрлешӳллӗ Штатсем хӑйсене тивӗҫлӗ тӳпе йышӑнма хатӗр», тенӗ. Ҫакна Эйзенхауэр апрелӗн 16-мӗшӗнче каланӑ хӑйӗн сӑмахӗнче нимӗнпе те ҫирӗплетсе паман.

ССР Союзне илес пулсан, пӗтӗм тӗнчери тавлашуллӑ ыйтусене татса панӑ чухне вӑл хӑйне тивӗҫлӗ вырӑн йышӑнас пирки нимӗнле иккӗленӳ те пулма пултараймасть. Ҫакна Совет Союзӗ пӗтӗм тӗнчери пысӑк ӗҫсенче пӗр хут кӑна мар кӑтартса панӑ.

Пӗтӗм тӗнчери лару-тӑру ҫакӑн пек ӗнтӗ, ҫавӑн пек ӗнтӗ вӑл хальхи вӑхӑтра.

Совет Союзӗ тытса пыракан политика мире юратакан ытти государствӑсен интересне хирӗҫ пымасть. Ҫав политика пӗтӗм тӗнчери туслӑха аталантарма хатӗр тӑракан государствӑсен интересӗсемпе, вӗсен социальнӑй системи мӗнлине пӑхмасӑрах, килӗшӳллӗ пулса тӑрать. ССР Союзӗн ҫак политики ҫав вӑхӑтрах пирӗн халӑх пӗтӗм тӗнчери мире тӗреклетме питӗ тимлӗ тӑрӑшнине кӑтартса парать.

(«ПРАВДА» хаҫатӑн апрелӗн 25-мӗшӗнчи умстатьинчен).

# Çураки ĕçĕсене пур майсемпе те хăвăртлатар!

## Нормăна ирттерсе тултараççĕ

ПЕРВОМАЙСКИ, апрелĕн 25-мĕшĕ. (Телефонпа). МТС механизаторĕсем çураки ĕçне хутшăнчĕç. «Путь социализма» колхоз «хирĕнче В. Маркиданов юлташ ертсе пыракан трактор бригади апрелĕн 24-мĕшĕнче 25 гектар культиваци туса сурхи тулă акрĕ. Красновпа Малов тракторисчĕсем малтанхи кунах смена нормине ирттерсе тултарчĕç.

Районти малта пыракан тракторист Сахаров юлташ кăçал хăй ĕçлекен «ДТ-54» тракторпа 1.700 гектар чухлĕ ĕç тума, 500 килограмм горючи перекетлесе хăварма, хăй ĕçлекен çĕр çинче кашни гектартан 17-шер центнертан кая мар тĕштырă пухса кĕртме социализмла обязательство илнĕ.

Сахаров юлташ хăйĕн обязательствисене чыслăн пурнăçласа пырать. Маленков ячĕпе тăракан колхозра суха тунă çĕрте вăл малтанхи кунах 7,5 гектар сухаланă, нормăна анăçлă тултарнă.

И. Тихонов юлташ ертсе пыракан трактор бригади те социализмла обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн хăйлăн кĕрешет. Механизаторсем пулăшнипе «Комсомолец» колхоз кĕрхи тырăсемпе курăксене удобренисем памалли плана 283 процент тултарчĕ. Бригада халĕ пур тракторсемпе те сухалать, культиваци туса тырă акать, 20 гектар çинче çĕрем уçса йĕтĕн акрĕç.

Н. Вашурин юлташ ертсе пыракан 2-мĕш бригадăри тракторисчĕсем «Сталинград» колхозра культиваци тăваççĕ тата йĕтĕн ачех акса пыраççĕ.

Районти механизаторсем КПСС Центральнăй Комитечĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе ĕнсе каланипе хавхаланса, çуракинче хăватлă техникăпа туллин усă кураççĕ, социализмла ăмăртăва кунран-кун вăйлатса пыраççĕ.

А. ТУКМАКОВ.

## Колхозниксем пурте ĕçе хутшăнаççĕ

Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «День урожая» колхоз членĕсем иртнĕ çулта начар мар тырпул туса илчĕç. Мадиковпа Ильин юлташсем ертсе пыракан уй-хир бригадисем хăйсене çирĕплетсе панă çĕр çинчен вăтам шутпа кашни гектартан 16-шар центнер тулă, 14-шар центнер вир, 267-шер центнер выльăх кăшманĕ туса илнĕ.

Колхозниксем кăçал тата вăйлăрах тырпул туса илессишĕн кĕрешеççĕ. Май уявĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, колхозниксем пысăкрах обязательствăсем илчĕç, лайăхрах ĕçлеме пулчĕç.

Колхоз çуракине тухма пур енĕпе те тĕплĕн хатĕрленсе çитнĕ. Вăрлăхсене лайăх тасатнă, акма юрăхлă тунă, тислĕк нумай хатĕрлесе уй-хире кăларнă.

Çак кунсенче колхозниксем кĕрхи тырăсен калчисене 300 гектар çинче удобренисем сапса пачĕç.

Çуркунне малтанхи ĕçсене тунă чухнех колхозниксем пурте ĕçе хутшăнаççĕ. Вĕсем тырпул тухăçлăхне ÿстерессишĕн ырми-канми кĕрешеççĕ. Кăçалхи çул кашни гектартан 100 пăтран кая мар тырă туса илме социализмла обязательство йышăннă. Çак обязательствăна пурнăçлатпăрах, теççĕ ялхуçалăх артелĕн членĕсем.

И. БОРИСОВ.

## Агротехника правилисене пурнăçласа акар

Тырпул тухăçлăхĕ вăйлă пулассишĕн калча хăвăрт шăтса тухса парка ÿсме тытăннинчен нумай килет. Çакăн пек пултăр тесен, тырпула вăхăтра, нÿрлĕ тăпра çине, пĕр тикĕс акса хăварни кирлĕ.

Вăрлăха тăпрапа тикĕс витĕнтерсе хăварни те пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çавăнпа вăрлăха алăпа мар, сеялкăпа акмалла.

Ретлĕ акакан сошниклĕ сеялкăпа акнă чухне вăрлăх тăпрапа тикĕс витĕнсе юлать. Анчах сеялкăпа акнă чухне те вăрлăх пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çине пĕр тикĕс акăнмасть: вырăнĕ-вырăнĕпе çăра, вырăнĕ-вырăнĕпе сайра акăнать. Çак ситменлĕхе ансăр ретлĕ сеялкăсемпе акнипе пĕтерме пулать. Анчах ку та çителĕксĕр-ха. Вăрлăха пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çине пĕр тикĕс акса хăварас тесен, пĕтĕм тырпула хĕреслĕ акни кирлĕ. Ку вăл вăйлă тырпул туса илмелли чи лайăх меслет пулса тăрать. Яланхи сеялкăсемпе хĕреслĕ меслетпе аксан та вăрлăх пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çине пĕр тикĕс акăнса юлать.

Куславкка районĕнчи «Динамо» колхозри А. Русскин тата С. Яковлев ертсе пыракан бригадăсем 1952 çулта хĕреслĕ меслетпе акса çурхи тулă гектар пуçне 15-шер центнер тата ытларах та туса илчĕç. П. Волков бригади яланхи меслетпе акнипе гектар пуçне пурĕ те 10, 12-шер центнер кăна, урăхла каласан, 5-шер центнер сахалрах çурхи тулă туса илчĕ.

«Динамо» колхоз членĕсем вăрлăха хĕреслĕ майпа акни яланхи пек акнинчен лайăхрах пулнине хăйсен опытĕнче курса ĕненчĕç. Кăçал колхоз пĕтĕм лаптăка хĕреслĕ майпа акса хăварать.

Çак майпа пур колхозсем те усă курни кирлĕ.

Пирĕн район условисенче «лютесценс—62» çурхи тулă акмалли нормăна çĕнĕрен пăхса тухмалла, мĕншĕн тесен, пĕр гектар çине 200 килограмм вăрлăх акнипе вăйлă тырпул туса илме çук.

Иртнĕ çул пирĕн колхоз «лютесценс—62» çурхи тулă вăрлăхне икĕ нормăпа: гектар пуçне 6,5 тата 7 миллион пĕрчĕ акса пăхрĕ.

Иккĕмĕш бригадăра 11,8 гектар çĕр лаптăкĕ çине гектар пуçне 7-шер миллион пĕрчĕ кĕмелли нормăпа акнă. Селекци станцинчен илнĕ вăрлăх шутра пулнине асра тытса, пĕр гектар пуçне эпир 250 килограмм акрăмăр. Кашни гектартан 25,63-шер центнер çурхи тулă илтĕмĕр.

4-мĕш бригадăра гектар пуçне 6,5 миллион пĕрчĕ кĕмелле туса 220-шер килограмм вăрлăх акрăмăр. Çак çĕр лаптăкĕ çинче гектартан 15,32-шер центнер е 10,31 центнер каярах çурхи тулă тухрĕ.

Куславкка районĕнчи нумай колхозсенче «торсдаг» пăрça акмалли нормăна пăсаççĕ. «Торсдаг»—чи пысăк тухăç паракан пăрçа. Çав вăхăтрах хăшпĕр колхозсенче çак сорт пысăк тухăç параймасть. Мĕншĕн? Чылай колхозсем нормăна чакарса акнăран. «Виктория» сортлă пăрça акмалли норма гектар пуçне 1,7 центнер пулмалла тесе шутлатпăр пулсан, «торсдаг» пăрça акмалли норма 2 центнертан кая мар пулмалла, урăхла каласан, гектар пуçне 1 миллион пĕрчĕ акмалла.

Кĕрхи çĕртме сухине çуракине тухсан тепĕр хут сухалассине яланлăхах пăрахăçламалла. Кĕрхи çĕртме сухи туса хăварнă çĕр лаптăкне, нÿрĕ ытларах тытса юлас тесе, сÿрелени тата культиваци туса кăпкалатни кăна кирлĕ.

Культиваторсем çитмесçĕ пулсан, тăпрана яланхи плугпа, отвалĕсене илсе пăрахса, сухаласа кăпкалантармалла. Çакăн пек тусассăн тăпра саврăнса ÿкмест, нÿрĕ сыхланса юлать. Пирĕн колхозăн 4-мĕш бригади кĕрхи çĕртме сухи тунă вырăна, нÿрĕ ытларах тытса юлас шутпа, сÿреленĕ хыççăн, отвалĕсене илнĕ плугпа 5—6 сантиметр тарăнăш сухаласа урпа акнă. Çак çĕр лаптăкĕ çинчен гектар пуçне вăтам шутпа 24,32-шер центнер урпа илнĕ.

3-мĕш бригадăра кĕрхи çĕртме тунă вырăна отвалĕсене илмен плугсемпе сухаласа пăрахнă. Çак лаптăк çинчен гектар пуçне 21,18-шер центнер, урăхла каласан, 3,14-шер центнер сахалрах урпа тухнă.

Тырпул тухăçлăхне ÿстересси агротехникăлла ĕçсене вăхăтра туса пынинчен килет. Çакăн пек тăвас тесен, машинăсемпе тухăçлă ĕçлемелле. Машинăсене тухăçлă ĕçлеттересси лашасемпе тата тракторсемпе тĕрĕс усă курнинчен килет.

«Динамо» колхоз ир акакан пĕрчĕллĕ тырăсене 7 ĕç кунĕнче акса пĕтерме ĕç планĕ хатĕрлерĕ. Трактор бригади валли прицепщиксем, шыв, топливо, вăрлăх турттарса пыракансем, повар тата ытти работниксем çирĕплетсе панă. Лашасемпе ĕçлеме плугарьсем, акакансем, сÿрелекенсем уйăрнă.

Бригадăсем кĕрхи калчасене минераллă удобренисем сапса пачĕç. Кĕрхи çĕртме тунă вырăнсемпе кĕрхи калчасене сÿреленĕ.

Пирĕн бригадăсем çуракине кĕске срокра ирттерессишĕн кĕрешеççĕ.

А. КУЛАЕВСКИЙ,
«Динамо» колхоз агрономĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Совет Союзĕн Маршалне С. М. Буденнăя Ленин орденĕпе наградăласси çинчен

Совет Союзĕн Маршалĕ С. М. Буденный çуралнăранпа 70 çул тултарнă май тата вăл Совет государстви умĕнче çар ĕçĕ тĕлĕшпе тава тивĕçлĕ чаплă ĕçсем тунине палăртса, Семен Михайлович Буденный юлташа Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи апрелĕн 24-мĕшĕ.

## Ĕçри пысăк хăвăртлăхшăн

ШĂХАСАН. Районти колхозсен уй-хирĕсенче çурхи ĕçсем пуçланчĕç. «Гвардеец» ялхуçалăх артель уй-хирĕнче кулленех 30—40 колхозник ĕçлет.

МТС-ăн 11-мĕш трактор бригадинчи тракторисчĕсем (бригадирĕ Н. Григорьев юлташ) «Гвардеец» тата Суворов ячĕпе тăракан колхозсен хирĕсенче кĕрхи çĕртме тунă вырăнсене сÿрелеççĕ. «Гвардеец» колхозра ДТ-54 тракторпа ĕçлекен И. Антоновпа И. Ильин тракторисчĕсем кулленех 20—30 гектар ыраш калчи сÿрелесе, сменăри нормăна чылай ирттерсе тултараççĕ.

Механизаторсен кунта 250 гектар çинчи ыраш калчине сÿрелемелле, 288 гектар çине çурхи тырăсем акмалла. Кунсăр пуçне, тракторсемпе 4 пин тонна тислĕк кăлармалла.

Çак ĕçсене бригада майăн 1-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмĕшпех пурнăçлама обязательство илнĕ.

Г. ЛУЧ.

ФЕЛЬЕТОН

## Мухтанма юратакансем

Апрель уйăхĕн пуçламăшĕнче КПСС Çĕрпÿ райкомĕ умне юланутлă çынсем пырса çитрĕç. Вĕсене райкомăн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ Данилов юлташ кĕтсе илчĕ.

— Килĕрех, Федор Максимыч, сывлăх сунатпăр, Егор Яковлевич, малалла иртĕр, Яков Семеныч, — саламларĕ вăл килнĕ хăнасене.—Сире пысăк хисеп тăваççĕ, юлташсем. Сирĕн сăмахăрсене магнитофон ятлă аппаратпа çырса илеççĕ. Кайран çав сăмахсене радио тăрăх параççĕ. Лайăх калăр, Жданов ячĕпе тăракан колхозри çитĕнÿсемпе паллаштарăр.

— Юрать, мĕншĕн каласа кăтартас мар? — терĕç хăнасем.

Ĕç пуçланчĕ. Микрофон умне чи малтан колхоз председателĕ Максимов, ун хыççăн пуçламăш парторганизаци секретарĕ Яковлев, унтан трактор бригадин бригадирĕ Васильев юлташсем пырса ларчĕç. Магнитофон—тĕрĕс ĕçлекен аппарат. Микрофон умĕнче калакан çынсен сăмахне вăл нимĕн улăштармасăр çырса илет.

Тата ик-виçĕ кунтан, Чăваш радиоинформаци комитечĕ панă ирхи передачăра, радио итлекенсем Çĕрпÿ районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозра кăçалхи çуракине ирттерме лайăх хатĕрленни çинчен итлерĕç.

Максимов юлташ татса каланă тăрăх, вĕсем çуракине тухма çав кун тесен çав кунах хатĕр. Складсенче, пĕрчĕн-пĕрчĕн суйласа хунă пек, тап-таса вăрлăх выртать. Максимовпа унăн юлташĕсем çуракине пуçăнма тахçанах çанăсене тавăрса тăраççĕ.

Парторганизаци секретарĕ Яковлев юлташ колхозра политикăлла-массăлла ĕç вăйлăн сарăлни, агитаторсем бригадăсенче пысăк хастарлăхпа ĕçлени çинчен пĕлтерчĕ.

Трактор бригадин бригадирĕ Васильев юлташ хăйсем хальхи кунсенче çуракине часрах тухас шухăшпа çĕç пурăнни çинчен каласа кăтартрĕ. Сигнал çеç парăр, тракторсем çав самантрах кĕрлесе кайĕç.

Апрелĕн 21-мĕшĕ. Кăнтăрла. Янкăр уяр тÿперен хĕвел пĕçертет. Жданов ячĕпе тăракан колхозăн Первомайски ялĕнчи 4-мĕш бригадин бригадирĕ Семенов юлташ ял тăрăх ăшаланса çÿрет.

— Ффу, ял тăрăх виçĕ хут чупса çаврăнтăм, анчах сÿрене яма пĕр çын тупаймарăм. Стой! Ан кай-ха!—кăшкăрчĕ бригадир, хура сухаллă колхозника асăрхаса. — Плуг кÿлме валĕк çук, халех туса пар, унсăрăн акана тухаймастпăр.

Колхоз кĕлечĕсем. Вĕсенче «пĕрчĕн-пĕрчĕн суйласа хунă пек» вăрлăхсем пулмалла. Пĕр кĕлет умĕнче 20—30 колхозник кĕпĕрленсе тăраççĕ, кашнин хулĕ çинче михĕсем. Ĕçкунĕ тăрăх пăри валеçеççĕ мĕн.

— Ку пăрие çавра алапа тепĕр хут тасатмасан акма юрамасть, — терĕ Ильин кладовщик.

— Хăçан тасатма шутлатăр?

— Ăна вара правлени цĕлет.

Юнашар кĕлетре сасартăк триер сасси илтĕнсе кайрĕ.

— Калама та аван мар,—мăкăртатрĕ кладовщик,—сĕлле халиччен те сортласа пĕтерейместпĕр.

Семенов бригадиртан унăн бригадинче камсем агитатор пулса ĕçлени çинчен ыйтсан, вăл чăр пăхса илчĕ.

— Ун çинчен эпĕ никамран та пĕр сăмах илтмен,—терĕ вăл.

— Ытла та час манса каятăр-çке?—тарăхса каларĕ парторганизаци секретарĕ Яковлев юлташ.—Сан бригадăра пĕрремĕш агитатор эсĕ хăвах пулатăн, тепри—Кузьмин юлташ.

— Кузьмин? Тархасшăн ан тĕлĕнтер.

Правлени нарячĕсене пурнăçламаншăн, бригадăра ĕç дисциплинине япăхтарса çитернĕшĕн Кузьмин юлташа бригадиртан кăларнă та ун вырăнне Семенов юлташа уйăрса лартнă. Парторганизаци вара халĕ Кузьмин юлташа çав бригадăрах агитатор пулма çирĕплетнĕ.

— Çав «агитатор» паян, çуракине тухмалли кун, ăçта ĕçлет-ха?

— Таçта хăямата кайнă, хамăр та пĕлместпĕр, — терĕç бригадирпа парторганизаци секретарĕ.

Колхозра агитацилле-массăлла ĕç мĕнле пыни çинчен пуçланнă калаçу çакăнпа вĕçленчĕ.

Трактор бригадин бригадирĕпе Васильев юлташпа тĕл пулма май килмерĕ. Вăл «тахçанах хатĕр ларакан» тракторсем валли запаслă пайсем шырама Канаша тухса кайнă. Ун помощникĕ ăçта кайнине пĕлекенсем те пулмарĕç.

Жданов ячĕпе тăракан колхозри руководительсем радио тăрăх тухса каланă передача 20 минута ытла пычĕ. Максимовпа Яковлев юлташсем, хăйсен ĕçĕ çине критикăлла пăхас вырăнне, пур-çукпа мухтанма тăрăшрĕç. КПСС райкомĕпе Чăваш радиоинформаци комитечĕ, Максимовпа унăн юлташĕсене микрофон умĕнче мухтанма ирĕк парса, вĕсене колхозри çитменлĕхсене сăрласа лартма çеç пулăшнă.

Н. ВОЛКОВ.

## МАЛТАНХИ КУНСЕМ

Колхоз председателĕ Лев Тимофеевич Хуморов тата машинăпа тырă акакан (вăлах парторганизаци секретарĕ) Федор Иванович Шараськин юлташсем трактор сеялкине пăрçа акмалли нормăна лартаççĕ. Вĕсем сеялка сошникĕсем айне сарнă шăналăк çине акăнса тухнă пăрçана пухса витрене ячĕç. Председатель аллине тараса тытрĕ.

— Сахал,—терĕ вăл.—200 грамм çитмест. Акакан аппарата тата кăштах пысăклатăр. Васкатпăр. Ыран икĕ сеялкипе те пăрçа акмалла.

Хуморов юлташа кăçал кăна председателе суйласа лартнă. Унччен вăл МТС агрономĕ пулса ĕçленĕ. Машинăсене те, çĕрĕçне те вăл лайăх пĕлет. Ăçта мĕнле культура акмаллине колхоз çирĕп палăртса хунă.

Çураки ĕçне пĕтĕмпе пекех МТС вăйĕпе тумалла пулать. Тракторпа 150 гектар сухаламалла, 120 гектар акмалла, 80 гектар культиваци тумалла, 80 гектар сÿрелемелле.

Тракторсемпе ĕçлеме пуçланă. Ялăн тăватă енче тăватă трактор ĕçленĕ сасă илтĕнет.

Çак хĕрÿ вăхăтра пĕчĕк чăрмав та пысăк çитменлĕх патне илсе тухма пултарать. Çавăнпа председатель трактор бригадинчен уйăрлмасть.

...Борис Корнилов тракторист, тракторне касăран кăларса, ялалла çул тытрĕ.

Трактор бригадин учетчикĕ Шуканов юлташ, чалăш çĕклесе участока виçме утрĕ. Ку участока ĕнер виçĕ тракторпа сухаланă. Сменăра пысăк лаптăка сухаласа пăрахнă. Ĕç ăнăçлă пыни пурне те савăнтарать, ĕç итогĕ кашнинех интереслентерет.

Борис Корнилов тракторне чарчĕ те:

— Чугун çул леш еннех ÿкес-и? — тесе ыйтрĕ председательтен.

— Çук,—чарчĕ ăна Лев Тимофеевич.—Ку участока пĕтĕмпе тикĕслесе тух та, смена пĕтиччен леш пуçĕнче типпĕ пеккине сухала. Ыран ирччен ĕçлеме çитет сана. Ыран ирех икĕ сеялка кăларатăн та пăрçа акма тытăнатăн. Юрать-и?

— Юрать,—пулчĕ ответ.

— Мажуков, çитсе кăтарт, — хушрĕ председатель тин килсе тăнă 1-мĕш бригада бригадирне Иван Филиппович Мажукова.—Асту, пахалăхне тĕрĕсле.

Трактор хускалса кайрĕ. Хыççăн бригадир васкаса утрĕ.

— Корнилов ĕçне тĕрĕслеме те кирлĕ.

— Ма тата апла?

Çак вăхăтра калаçăва колхоз счетоводĕ Филипп Петрович Федяров хутшăнчĕ.

— Хамăр çын вăл, тăваттăмĕш çул ĕçлет. Чăннипе каласан, вăл ĕçлеме пуçласан тин колхоз тырпул тухăçне ÿстерме тытăнчĕ. Унччен шăйрăклă тата ăшăх сухаланă. Хирте шурути туллиехчĕ. Борис сухалама тытăнчĕ—шурути те таçта çухалчĕ. Вĕсем иккĕшĕ кунне-çĕрне пĕлмесĕр ĕçлеççĕ.

— Кампа иккĕш?

— Кабинăра ларса пыраканне кам тетĕр эсир? Боривăн шăллĕ вăл—Георгий... Трактора ахаль лартмаççĕ. Борисĕ анать, шăллĕ ĕçлеме пуçлать. Апат пĕр вăхăтра çимеççĕ. Пĕри чĕлĕм туртать, тепри çав вăхăтра пĕрре те пулсан çавăрăнса килет. Ытти трактористсем газогенераторла тракторпа ĕçлесшĕн мар, кусем юратаççĕ.

— Ну, хамăр та ĕçлеме лайăх услови туса пама тăрăшатпăр. Хĕл каçа чурка хатĕрлерĕмĕр. Татнă, типĕтнĕ. Кăмрăк пек типĕ вĕт,—счетовод умри купаран икĕ чурка татăкне илсе пĕр-пĕрипе шаккаса пăхрĕ.

Счетовод сăмахĕнчен колхозниксем Корнилова мĕншĕн хисеплени, правлени ăна 120 гектар акма мĕншĕн шанни йăлтах паллă пулчĕ. Борис Корнилов çак колхоз членĕ, тракторпа тăвакан пĕтĕм ĕçе юратса тăвать. Правлени çамрăксене машинасемпе ĕçлеме ытларах явăçтарма тăрăшать. Тăватă трактор çинчи тăватă тракторист—çак колхоз членĕсем. Вĕсем çумĕнче 8 çамрăк прицепщик пулса ĕçлеççĕ. 4 çамрăк кочегар пулса ĕçлеççĕ. Антив, тен çамрăксем çавăнтанах машинасемпе интересленсе кайĕç. Борис шăллĕ Георгий те малтан прицепщик пулнă, халĕ ун аллинче трактор кĕрлет кăна.

Трактор бригадин учетчикĕ Шуканов юлташ сухаланă лаптăка виçсе килчĕ.

— Маттур ĕçленĕ ĕнер пирĕн ачасем. Пурте ун патне пухăнчĕç.

— Ĕненместĕр-им? Акă, В. Львов — «НАТИ» тракторпа 6,3 гектар вырăнне 10,6 гектар, Игнатьев «ДТ-54» тракторпа 6,3 гектар вырăнне 12,45 гектар, Корнилов газогенераторла тракторпа 4,7 гектар вырăнне 9 гектар сухаланă,

Е. АФАНАСЬЕВ.
(Хамăр корр.).

«14 лет Октября» колхоз,
Çĕмĕрле районĕ.

# Парти работникĕсен харпăр хăйĕнчен ытларах ыйтма вĕренмелле

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Уставĕнче партипе государство дисциплини партин пур членĕсемшĕн те пĕр пекех обязательнă пулса тăрать, тесе кăтартса панă. Партире икĕ дисциплина—пĕри руководительсемшĕн, тепри рядовой членсемшĕн — пулма пултараймасть. Партин пур членĕсемшĕн те, — вĕсен тава тивĕçлĕ ĕçĕпе вĕсем мĕнле вырăнта ĕçленине пăхмасăр,—пĕр дисциплина, пĕр закон.

Партипе государство дисциплинине çирĕплетес тени вăл, чи малтанах, руководитель хăйĕн ĕçне питĕ тĕплĕн тумаллине, хăй тунă ĕçе питĕ тишкерсе хаклamаллине пĕлтерет. Руководителĕн, çавăнпа пĕрлех, шанса панă ĕçсемшĕн, парти решенийĕсене пурнăçлассишĕн работниксем умне çирĕп требованисем лартмалла.

Партин Чăваш обкомĕ партин Ишлей райкомне районти ĕçсем çине критикăлла пăхманшăн тата тунă çитĕнÿсемпе лăпланса ларнăшăн темиçе хутчен те асăрхаттарнă. Çакна асра тытса, парти райкомĕ ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ выводсем турĕ. Юлашки вăхăтра парти райкомĕ партипе-организаципе тата партипе-политикăлла ĕçе чылай лайăхлатрĕ. Парти райкомĕн работникĕсем тата ыттисем те ĕçре тунă çитĕнÿсемпе лăпланса ларассине пĕтерме партипе государство дисциплинине çирĕплетме тăрăшаççĕ. Парти райкомĕн ĕçĕ администрированипе йĕркеле мар, коллективлă ертсе пынипе пулса пырать.

Парти райкомĕ чи малтанах коммунистсем хушшинчи дисциплинăна çирĕплетес тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттерчĕ. Иртнĕ çулсенче райком пленумĕсемпе парти активĕн районти пухăвĕсем, хăшпĕр коммунистсем вăхăтра пыманнипе, кăтартнă сехетре ĕçе тытăнаймастчĕç. Хальхи вăхăтра çак çитменлĕхе пĕтернĕ. Çавăн пекех чылай пуçламăш парторганизацисенче пухусемпе канашлусене яланах кăтартнă вăхăтра ирттереççĕ. Ĕççынни депутачĕсен районти Совечĕ те ку тĕлĕшри йĕркесĕрлĕхе пĕтерсе пырать.

Паллах, дисциплинăна çирĕплетес ĕçе кампанилле мар, куллен, чăтăмлăн, çине тăрса туса пымалла. Çавăнпа та эпир ку ĕçе вĕçленĕ тесе шутлама пултараймастпăр, ăна куллен вăйлатса пыратпăр.

Партипе государство дисциплинине çирĕплетсе пыни хуçалăхпа культура строительстви ыйтăвĕсене ăнăçлăн татса пама пулăшать. Анчах та районти парторганизацинче ку тĕлĕшпе тумалли ĕçсем нумай-ха. Пуçламăш парторганизацисенче, советпа хуçалăх органĕсенче тата колхозсенче дисциплинăна çирĕплетес енĕпе туса çитереймен ĕçсем нумай-ха.

Работниксем ĕç çине тимлĕн пăхмалла тăвас тесен, йышăннă решенисене пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслени кирлĕ. Йышăннă решенисене пурнăçа кĕртнине тĕрĕслесе тăни кашни работникăн лайăх енĕсемпе çитменлĕхĕсене, унăн политикăлла тата ĕçлĕ пахалăхĕсене тĕплĕн сăнаса вĕренме, работникăн пултарулăхĕ мĕнле ĕçре ытларах ÿссе аталанса пыма пултарассине пĕлме май парать. Парти райкомĕн бюровĕнче пуçламăш парторганизацисен ĕçĕ çинчен сÿтсе явни те çак ĕçре пысăк вырăн йышăнать.

Бюрора итлес умĕн пуçламăш организацисен ĕçне тĕрĕслеме райком хăйĕн работникĕсемсĕр пуçне ялхуçалăх специалисчĕсемпе хатĕрлев работникĕсене те (коммунистсене) явăçтарать. Çапла туни парторганизацин ĕçне пур енчен те тĕплĕн тишкерсе тухма, унăн ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме май парать.

Райком бюровĕ нумаях пулмасть Киров ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизацин ĕçĕсем çинчен парторганизаци секретарĕн Г. Иванов юлташăн отчетне итлесе сÿтсе яврĕ. Малтан çак парторганизацин ĕçне пур енчен те тĕплĕн тĕрĕслесе тухнă. Парти райкомĕ ку парторганизаци пирки иртнĕ çулхи февральте йышăннă решение мĕнле пурнăçласа пынине тĕплĕн тĕрĕсленĕ.

Калас пулать, йышăннă решенисене пурнăçлассине парторганизаци юлашки вăхăтра чылай лайăхлатнă. Ку колхозра обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç кирлĕ вырăнта тăман пулнă. Райком бюровĕ пуçламăш парторганизаци çак ыйтупа кирлĕ пек интересленменнине палăртса хăварнăччĕ. Çакăн хыççăн парторганизаци выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатни курăнать. Кĕске вăхăт хушшинче кунта ĕне, сысна тата чăх-чĕп витисем тунă. Халĕ тепĕр ĕне вити тăваççĕ, фермăри ĕçсене механизацилеме тытăннă. Кăçал обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çуртйĕрсем тума 500 фестметр йывăç хатĕрленĕ.

Парти райкомĕн бюровĕ кунти пуçламăш парторганизацин ĕçне лайăхлатмалли майсене кăтартса пачĕ.

КПСС райкомĕ пуçламăш парторганизацисен ĕçĕсем çинчен пленумсенче те сÿтсе явать. Кăçал тăватă пуçламăш парторганизаци ĕçĕ çинчен пленумра сÿтсе явнă. Парти райкомĕн юлашки пленумĕнче «Большевик» тата Молотов ячĕпе тăракан колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе мĕнле ертсе пыни çинчен сÿтсе явнă. «Большевик» колхозри пуçламăш парторганизаци ку ыйтупа тăтăшах интересленсе, колхоз правленине пысăк пулăшу парать.

Пурнăç çакна кăтартса пачĕ: пленумсенче юлса пыракан предприятисемпе колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçĕсем çинчен кăна мар, çавăн пекех малта пыракан предприятисемпе колхозсенчи ĕçсем çинчен те сÿтсе явмалла. Ку ĕнтĕ малта пыракансен опытне сарма май парать.

Работниксем умне çирĕп требованисем лартнипе пĕрлех, ĕçре практикăлла пулăшу пани вĕсене воспитани парассинче паллă вырăн йышăнать. Райком бюровĕн членĕсемпе районти ответлă работниксем предприятисемпе колхозсене нумай вăхăтлăха кайса, унти çитменлĕхсене пĕтерме пулăшаççĕ, лекцисемпе докладсем туса параççĕ. Анчах хăшпĕр ответлă работниксем ку ĕçе кирлĕ пек хаклаmаççĕ-ха. Вĕсем вырăнсенче сайра-хутра çеç кĕске вăхăт хушши пулаççĕ, ĕçе канцелярийĕнче ларнипех ертсе пыма пăхаççĕ. Ертсе пырас ĕçе алла илме работниксене пулăшасси парти райкомĕн тивĕçĕ пулса тăрать.

Работниксене харпăр хăйĕнчен нумай ыйтма вĕрентес ĕçре вĕсен идейăллатеорилле шайне ÿстерни питĕ кирлĕ. Районти партипе совет активне марксизм-ленинизм теорине вĕрентме парти райкомĕ ятарласа семинар организацилерĕ. Хальхи вăхăтра кунта 44 çын И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенине вĕренет. Семинарта занятисем йĕркеллĕ пулса пыраççĕ. Семинарăн вĕренÿ программи вĕçленсе пырать. Вĕренÿре уйрăмах райсовет исполкомĕн председателĕ П. Николаев, районти ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ С. Соколов, районти халăх судьи Г. Петров, МТС директорĕ А. Чупраков, райплан председателĕ Н. Кузнецов, КПСС райкомĕн бюро членĕ А. Ефимов юлташсем тăрăшса вĕреннине палăртмалла. Вĕсем аслă çулпуçăн произведенийĕ тăрăх пур темăсемпе те конспектсем çырнă, экономикăлла ыйтусене лайăх пĕлни палăрать.

Марксизм-ленинизм теорине лайăх пĕлни работниксене ĕçри чăрмавсене вăхăтра сирме пулăшать. Çакна хамăр ĕçри опытран та уççăн куратпăр. МТС директорĕ А. Чупраков юлташ хăйĕн политикăлла пĕлĕвне ÿстерсех пырать. Çавна май вăл ĕçе ертсе пырассине те лайăхлатрĕ; работниксем умне требованисем лартассине те вăйлатрĕ.

Ĕçре кăтартуллă пулни ертсе пыракан работниксемшĕн уйрăмах кирлĕ. Кадрсем умне çирĕп требованисем лартас тесен, руководителĕн хăйĕн те çав требованисен çÿлĕшĕнче тăмалла. Работниксене çавăн пек тăвассишĕн кĕрешет те ĕнтĕ парти райкомĕ.

Анчах хăшпĕр ертсе пыракан работниксем хăйсен ĕçĕ çине çиелтен пăхнине асăнмасăр хăварма çук. Сăмахран, КПСС райкомĕн членĕ, районти ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ пулса ĕçленĕ Л. Николаев юлташ работниксем умне çирĕп требованисем лартман, вĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăман, работниксен ĕçри çитменлĕхĕсемпе килĕшсе пурăннă. Николаев работниксенчен çирĕппĕн ыйтманни вăл хăй государство дисциплинине пăсниненчен килнĕ. Вăл темиçе çул хушши ялхуçалăх налогĕ тÿлемесĕр пурăннă, пĕтĕмпе унăн парăмĕ 3.000 тенке çитнĕ. Апла пулсан та, вăл тÿлесе татассишĕн тăрăшман. Парти райкомне кун пирки сигналсем пыман мар. Анчах райком çак ĕçе вăхăтра пăхса тухман, Николаевăн çитменлĕхĕпе килĕшсе тăнă.

Ертсе пыракан хăшпĕр работниксем, хăйсене пăхăнса тăракансене кăшкăрса, вăрçса тăкаççĕ. Районти финанс пайĕнчи пуçламăш парторганизацин отчетпа суйлав пухăвĕнче коммунистсем райфо заведующийĕ П. Иванов юлташ работниксене тĕрлĕ сăмахсем каласа кÿрентерни çинчен каланăччĕ. Работниксене тата ĕçпе пынă çынсене вăрçса пăрахасси Иванов коммунистăн йăлине кĕни çинчен райкома та çырса пĕлтернĕ. Анчах райком унăн йăнăшне вăхăтра тÿрлетеймерĕ. Çакă вăл—пирĕн çитменлĕх.

Руководитель хăйне пăхăнса тăракан работниксене кăшкăрса тăкни руководитель вăйсăррине, ертсе пырас меслете ăнланманнине кăтартать. Çавăнпа та кадрсене воспитани парас ĕçре çакăн пек меслетрен яланлăхах хăтăлмалла.

Кадрсене харпăр хăйĕнчен ытларах ыйтма воспитани парас тесе вĕсен творчествăлла пултарулăхне аталантарса пыни кирлĕ. Ку енĕпе вара парти работникĕн пуçарулла пулмалла. Çак тĕлĕшпе райком ĕçĕнче çитменлĕхсем пур-ха. Пуçламăш парторганизаци секретарĕсене воспитани парасси кирлĕ вырăнта тămасть. Критикăпа самокритикăна пур майсемпе те вăйлатса пымалла. Критикăна хĕсни, ăна путарса лартни парти массисен пултарулăхне пĕтерет, ертсе пыракансен авторитетне çухатать, йăнăшсемпе çитменлĕхсене пытарса хăварма май парать.

КПСС райкомĕ районти парторганизацинче критикăпа самокритикăна сарма пăхса, майсем туса парассишĕн кĕрешет. Пленумсемпе парти активĕн районти пухăвĕсенче критика аннăн сарăлса пырать. Анчах та критикăна сарас тĕлĕшпе те çитменлĕхсем пур-ха. Хăшпĕр руководительсем критикăна йышăнас вырăнне, ăна хĕсес çул çине тăраççĕ. Ун пек работниксем пирки парти райкомĕ вăхăтра тивĕçлĕ мерăсем йышăнать.

В. ДМИТРИЕВ,
КПСС Ишлей райкомĕн секретарĕ.

# Çыхăну техникине вăйлатса тата лайăхлатса пырар

Çыхăну работникĕсен активĕн республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлу «Чăваш республикинчи çыхăну органĕсен 1952 çулхи ĕçĕсем тата 1953 çулхи задачисем çинчен» Çыхăну управленийĕн начальникĕ М. Дмитриев юлташăн докладне итлесе сÿтсе явре.

— Çыхăну работникĕсем, — тет докладчик, — пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ каларса лартнă задачăсене чыслăн пурнăçласшăн хăйсен вăйĕсене шеллемесĕр ĕçлеççĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче республикăра çыхăну ĕçĕ—почта, телеграф, телефон, радио малалла аталанчĕ. Телефонпа телеграф çыхăнăвне аслăлатнă, чылай телефон станцийĕсен хăватне ÿстернĕ, почта илсе çÿресси чылай ÿснĕ, почта çÿретмелли авиалинисем ÿснĕ. 1952 çулта çыхăну органĕсем капитальнăй ĕçсем тумалли, хуласенчи телефон станцийĕсене аталантармалли, линисене юсамалли плана ăнăçлă тултарнă. Муркашри, Куславккари, Канашри, Улатăрти, Кÿкеçри тата ытти хăшпĕр çыхăну кантурĕсем тупăш илмелли çулталăкри плана ăнăçлă тултарнă. Пĕлтĕр республикăра колхозсен вăйĕпе 17 радиоузел лартнă.

Çыхăну предприятийĕсемпе кантурĕсенче пысăк пахалăхпа ĕçлекен цех, смена, служба тата предприяти ятне илме тивĕçлĕ пуласшăн социализмла ăмăрту саралнă. Профессисем тăрăх пыракан ăмăртура 153 çын паха тĕслĕх кăтартнине палăртнă. Канаш çыхăну кантурĕнчи М. Трофимов надсмотрщик пăхса тăракан участокраултă çул хушшинче лини пĕрре те пăсăлман. Шупашкар хулинчи А. Пластинина телеграфистка ĕç нормине тăтăшах ирттĕрсе тултарать, икĕ çул хушшинче пĕр брак та туман. Союзпечатĕн Шупашкар пайĕнче ĕçлекен Ф. Захарова юлташ хаçат-журналсем сарас тĕлĕшпе пĕрмаях паха тĕслĕхсем кăтартать. Вăл ултă çул хушши ĕнтĕ чи лайăх киоскер шутĕнче тăрать.

Докладчик тата пренире тухса каласансем çыхăну органĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕç. Çыхăну управленийĕ тупăш илмелли çулталăкри плана 97,4 процент çеç тултарнă. Ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерессине пысăка хурса хакламан тĕслĕхсем пур: çырусене, хаçат-журналсене, телеграммăсене, посылкăсене вăхăтра çитерсе памаççĕ. Чылай çĕрте, уйрăмах ялта, телефон тăрăх калаçма хĕн, япăх илтĕнет, хăшпĕр телефонисткăсем ĕççыннисене кÿрентереççĕ. Чылай колхозсене, учрежденисене телефон кĕртмен. Çыхăну органĕсем çителĕксĕр ĕçленине ĕççыннисем жалобăсем нумай панинчен те лайăх курма пулать. 1951 çулта ĕççыннисем пурĕ 545 жалоба панă пулсан, 1952 çулта 592 жалоба панă. Уйрăмах Чкаловскинчи, Сĕнтĕрвăрринчи тата Шупашкарти кантурсем япăх ĕçленни çинчен жалобăсем нумай.

Республикăри паян пухнă хаçатсене çав кунах 22 района çеç çитереççĕ, ĕççыннисене вара 12 районта çеç салатса параççĕ. Государство çыхăну органĕсене пысăк пулăшу парать. Республикăра почта çÿретме икĕ авиалини уçнă. Самолетсем çителĕклĕ. Анчах Çыхăну управленийĕ çав паха майпа лайăх усă курмасть.

Кăçал ĕççыннисем, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 12 пин экземпляр хаçат-журнал нумайрах çырăнса илеççĕ. Анчах нумай çĕрте, уйрăмах ялта, хаçат-журнал, кĕнеке сарас тата сутас ĕçе япăх йĕркеленĕ. Çырăнса илекенсене хаçат-журналсем вăхăтра пырса памаççĕ. Кĕнеке, хаçат-журнал сутма ятарласа уçнă киосксем час-часах хупă тăраççĕ. Хаçат-журнал сарас ĕçе колхозсемпе учрежденисен почтальонĕсене япăх хутшăнтараççĕ.

Çыхăну органĕсен ĕçĕнчи тепĕр пысăк çитменлĕх вăл—ĕççыннисен хваттерĕсене радио кĕртесси ялсă пынă. 1952 çулта тата кăçалхи пĕрремĕш кварталта радио кĕртмелли плана чылай тултарман. Пĕлтĕр тата кăçалхи пĕрремĕш кварталта республикăра планпа палăртнинчен икĕ пин ытла радиоточка сахалтарах кĕртнĕ. Калинино, Советски, Первомайски, Октябрьски районĕсенче радиоточкăсен хисеçĕ ÿсес вырăнне чакнă. Юлашки çулсенче хăватлă радиоузелсем чылай лартнă, çĕнĕ линисем хывнă. Анчах çав паха майсемпе лайăх усă курмаççĕ-ха. Нумаях пулмасть Калинино районĕнче тăватă километр тăршшĕ лини хывнă. Çав лини çинче пурĕ те тăватă радиоточка çеç. Çыхăну органĕсем колхозсен радиоузелĕсен ĕçĕпе сахал интересленеççĕ, колхозсене техникăлла пулăшу памаççĕ. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Молния», Вăрмар районĕнчи «Большевик» колхозсенчи, Калинино районĕнчи К. Маркс ячĕпе тăракан колхозри радиоузелсем 1952 çулта пачах ĕçлемен, ытти чылай колхозсенчи радиоузелсем те сайра хутра çеç ĕçлеççĕ.

Кăçал çĕнĕрен 9.000 радиоточка кĕртмелле, 200 километр тăршшĕ лини çĕнĕрен хывмалла тата çĕнетсе лайăхлатмалла, 12 радиоузел çĕнĕрен тумалла, 680 километр тăршшĕ провод тата кабель кармалла. Çак задачăна пурнăçласси — çыхăну работникĕсен чыслă та ответлă тивĕçĕ.

Республикăри çыхăну органĕсем çителĕксĕр ĕçлени Çыхăну управленийĕн начальникĕ Дмитриев юлташ, унăн заместителĕ Кудряшов юлташ, главнăй инженер Николаев юлташ ĕçре тĕл пулакан чăрмавсене пĕтерме татăклă мерăсем йышăнманнинчен, предприятисемпе кантурсен, агентствăсен руководителĕсен ответлăхне ÿстерме тăрăшманнинчен, кадрсем тĕрĕс суйласа илес тата вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе сахал тăрăшнинчен килет. Управленинче ĕçлекен чылай специалистсем вырăнта сахал пулаççĕ, ыйтусене çийĕнчех татса памаççĕ. Управленире, кантурсенче самокритикăпа аялтан килекен критикăна сарман.

Доклад тăрăх 29 çын тухса каларĕ. Сĕмĕрлери радиотехник Броун юлташ каланă тăрăх, суту-илÿ организацийĕсем репродукторсем сахал кÿрсе килеççĕ, Çыхăну управленийĕ запаслă пайсем, инструментсем çителĕклĕ уйăрса памасть.

Пăрачкаври çыхăну кантурĕн начальникĕ Коротков юлташ колхозсен радиоузелĕсенчи двигательсене юсама запаслă пайсем тупма май çукки çинчен, почта турттаракан самолетсен ĕçне лайăхлатма кирли çинчен каларĕ.

Шупашкар хулинчи çыхăну кантурĕнче ĕçлекен Пластинина тата Савельева стахановкăсем хăйсен меслечĕ çинчен каласа пачĕç, новаторсен опытне сарма пулăшакан сĕнÿсем пачĕç.

Мари республикинчи çыхăну органĕсен ĕçĕсем çинчен Репин юлташ каласа пачĕ. Канашлура КПСС обкомĕн промышленноспа транспорт пайĕн заведующийĕ П. Чичикин юлташ тата Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ Д. Полукаров юлташ тухса каларĕç.

Канашлу Мари тата Мордва АССР-ĕнчи çыхăну работникĕсене ăмăртăва чĕнчĕ, çыхăну ĕçне вăйлатма, ĕççыннисен ыйтăвĕсене лайăх тивĕçтерме социализмла обязательство йышăнчĕ. Канашлу 1953 çулхи плана тупăш илес енĕпе декабрĕн 25-мĕшĕ тĕлне тултарма, планран ирттерсе 100 пин тенкĕ тупăш илме, материалсене тата укçа-тенкĕне перекетлеме, капитальнăй ĕçсем тумалли плана декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма, ĕçри брака пĕтерме, колхозсенчи почтальонсене воспитани парас ĕçе вăйлатма, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа çеç туса пыма сăмах пачĕ.



Мускаври шыв хуçалăх инженерĕсен В. Р. Вильямс ячĕпе тăракан институтĕнчи наука работникĕсен коллективĕ Атăл çинче Шупашкар гидроузелне тăвассипе çыхăнса тăракан чылай ыйтусене татса парас тĕлĕшпе ĕçлет. Институт лабораторийĕсенче модельсем тунă. Çав модельсем тăрăх Атăл шывĕ мĕн чухлĕ хăвăрт юхнине сăнаççĕ, шыв юхмалли плотина мĕнле пулмаллине палăртаççĕ, гидротурбина блокĕсене сăнаса пăхаççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): гидравлика кафедрин ассистенчĕ Н. Н. Кременецкий, техникăлла наукăсен кандидачĕ Г. Т. Дмитриев тата старши техник Е. П. Галямин Шупашкар гидроэлектростанцине тума хатĕрленнĕ май тĕпчев ĕçĕсем тăваççĕ.

В. ШАРОВСКИЙ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Досааф оргкомитет председателĕсен семинарĕ

Çак кунсенче Шупашкарта Досааф-ăн районсенчи тата хуласенчи оргкомитет председателĕсен семинарĕ пулса иртрĕ.

Унта Вăрнар, Йĕпреç, Елчĕк, Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи оргкомитетсен председателĕсем пуçламăш организацисене мĕнле ертсе пыни çинчен каласа пачĕç. Истори наукисен кандидачĕ Г. Чавка юлташ тĕнчери лару-тăру çинчен тата Гусев юлташ революцилле сыхлăха ÿстересси çинчен докладсем турĕç.

Юлашкинчен семинар участникĕсем çар ĕçне вĕренессине малалла лайăхлатасси çинчен сÿтсе яврĕç. Ку ыйтупа Чăваш АССР-ĕнчи Досааф оргкомитечĕн председателĕ П. Трофимов юлташ доклад туса пачĕ.

Юлашкинчен Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ М. Андреев юлташ тухса каларĕ.

## „Депутат кунĕ" ирттернĕ

Улатăр хула Совечĕн исполкомĕ депутатсемпе канашлама тата вĕсене ĕçре пулăшма кашни уйăхрах «Депутат кунĕ» ирттерме йышăнчĕ. Апрелĕн 15-мĕшĕнче малтанхи хут çавăн пек кун ирттерчĕç. Унта 20 депутат ытла пухăнчĕ. Хула Совет исполкомĕн председателĕ М. Харитонов юлташ депутатсен прависемпе обязанноçĕсем çинчен, Советсем умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлемелли çинчен тĕплĕн каласа пачĕ. Вăл депутатсене суйлавçăсен наказĕсемпе сĕнĕвĕсене пурнăçа кĕртессишĕн тăрăшса ĕçлеме чĕнчĕ.

Депутатсем докладчика ыйтусем нумай пачĕç, хальхи вăхăтра мĕнле практикăлла ĕçсем тумалли çинчен сÿтсе яврĕç.

Н. АННЕНКОВ.

## Çуртсем тăвакансен ăмăртăвĕ

КУСЛАВККА. Çуртсем тăвакан завод продукци туса кăлармалли пĕрремĕш кварталти плана ирттерсе тултарчĕ. Завод коллективĕ Май уявне ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илессишĕн кĕрешет. Цехсем хушшинчи ăмăртура механически цех малта пырать. Цех график тăрăх ĕçлет, задание тăтăшах ирттерсе тултарать. Рабочисем производствăри резервсене палăртаççĕ, технологие çĕнетсе лайăхлатма пулăшаççĕ. Иртнĕ уйăхрипе танлаштарсан, цех ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерчĕ.

Н. Крупнов строгальщик, Г. Бабкин расточник, Г. Храмковпа С. Каняшин токарьсем ĕç нормине куллен 250 процент таран тултарса пыраççĕ. Уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, комсомолец Н. Баганов строгальщик ĕç нормине 400 процента яхăн тултарса пырать. Çак çитĕнĕве вăл темиçе станокпа ĕçленипе тăвать.

Цехра материалсене перекетлессишĕн вăйлă кĕрешÿ пырать. Рационализаторсемпе стахановецсем сĕннипе цехра кивĕ детальсене юсаса çĕнетеççĕ. Çакна пула цех çак уйăхра 10 пин тенкĕ ытла перекетленĕ.

Капитальнăй строительство пайĕнче ĕçлекен рабочисем те çак кунсенче паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Цехри парторганизаци секретарĕ М. Иванов платник ĕç нормине 150—180 процент тултарса пырать, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тăвать.

Столярнăй цех çак кунсенче тăватă уйăхри плана тултарать. Участоксем хушшинчи ăмăртура М. Орлов мастер ертсе пыракан коллектив малта пырать. Вăл виççĕмĕш уйăх ĕнтĕ пысăк пахалăхлă продукци çеç туса кăларать.

Уяв ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăннăраншăн, рабочисем, инженерсемпе техниксем 13 рационализаторла сĕнÿ панă. Малтан шутласа пăхнă тăрăх, çав сĕнÿсене пурнăçа кĕртни çулталăкра 200 пин тенкĕ перекетлеме май парать.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

## Экзамена хатĕрленеççĕ

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Штанашри вăтам шкулта вĕренекенсем экзамена тимлĕ хатĕрленеççĕ. Кунта халиччен мĕн вĕреннине экзамен умĕн çĕнĕрен аса илес тĕлĕшпе ĕçлеме ятарласа пÿлĕм уйăрнă. Ку пÿлĕмре ачасене кирлĕ пособисем пур тата учительсем черетпе дежурнăй пулаççĕ.

Кăçал Х-мĕш класран 49 çамрăк вĕренсе тухмалла. Вĕсем валли консультацисем ирттереççĕ. Учительсем вĕренекенсене халиччен вĕреннине мĕнле аса илесси, вăхăтпа лайăх усă курасси çинчен каласа кăтартнă. Кашни класри стена хаçатĕнче экзамена тĕплĕн хатĕрленмелли çинчен çырнă, экзамена лайăх хатĕрленме чĕнекен лозунгсем çырса çакнă.

V-мĕш «А» класри пионерсем «Эпĕ экзамена мĕнле хатĕрленетĕп» темăпа сбор ирттернĕ. Çавăн пекех ытти отрядсемпе звеносенче те экзамена хатĕрленесси хĕрсех пырать.

Комсомолецсен пухăвĕнче учитель Никитин юлташ «Экзамена хатĕрленесси тата комсомолецсен задачисем» темăпа доклад туса пачĕ. Пухура комсомолецсем экзамена хатĕрленес ыйтăва сÿтсе яврĕç.

Кашни учитель халиччен мĕн вĕрентнине тепĕр хут аса илтермелли план тунă. Плана пурнăçа кĕртессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

В. МАРТЫНОВ.

„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

## Кондратьева юлташ критика çине тĕрĕс пăхмасть

Кăçалхи февралĕн 28-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра «Правленири пăру вити» ятлă фельетон пичетленчĕ. Унта Октябрьски районĕнчи Кÿдемерти «Знамя» колхозра выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма çителĕксĕр хатĕрленни, çурт çитменнипе пула хĕллехи сивĕ вăхăтра çамрăк пăрусене колхоз правленийĕн çуртĕнче усрама тивни çинчен çырнă.

Фельетонра асăннă фактсем пирки иккĕленме нимĕнле сăлтав та çук. Çакна Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Ялпа колхоз строительстви управленийĕ мартăн 26-мĕшĕнче редакцие çырса пĕлтерни те çирĕплетсе парать. Унта çапла каланă:

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ «Правленири пăру вити» ятлă фельетонра асăннă фактсене вырăна кайса тĕрĕсленĕ, унта асăннисем тĕрĕсси палăрнă... Колхоз правленийĕн пĕр пÿлĕмĕнче икĕ эрне хушши 1952 çулта çуралнă 6 пăрăва пăхса усранă...»

Ĕççынни депутачĕсен Октябрьски район Совет исполкомĕн ялхуçалăх пайĕн унта асăннă çитменлĕхсене пĕтерессишĕн ĕçлемелле, çак енĕпе колхоза пулăшмалла çеç пулнă. Ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ Кондратьева юлташ çапла тăвас вырăнне фельетонра тĕрĕс мар фактсем «пырама» тытăннă. Апрелĕн 17-мĕшĕнче вăл редакцие «Правленири пăру вити» ятлă фельетонри фактсем «тĕрĕс пулманни» çинчен çырса пĕлтерчĕ. «Фактсем тĕрĕс пулмарĕç» тени вăл фельетон авторĕ суйса çырнă тенине пĕлтерет. Çапла калама Кондратьева юлташăн сăлтав çителĕклĕ-и-ха? Кондратьева юлташа хăйнех сăмах паратпăр:

«Пăру вити туса пĕтериччен чăнах та пăрусем правлени çуртĕн пĕр пÿлĕмĕнче пурăнчĕç... Пăрусене правлени çуртĕнче усранă вăхăтра счетоводсем коридорта мар, пилĕк стеналлă çуртăн пĕр пÿлĕмĕнче ĕçлерĕç, çапла вара правлени çуртĕнче пăрусем пурăнни счетоводсен ĕçне кансĕрлемерĕ...»

Кондратьева юлташăн сылтăм алли мĕн çырнине сулахай алли пĕлмесĕр юлни курăнать. Пĕр çырурах вăл фельетонри «фактсем тĕрĕс марри» çинчен те, «пăру вити туса пĕтериччен пăрусем правлени çуртĕнче пурăнни» çинчен те çырать.

Хаçатра критиклесе çырни çине Кондратьева юлташ тĕрĕс мар пăхать. Критика çине кун пек пăхни вăл ĕçре усă кÿмест, сиен тума çеç пултарать.

## „Ĕççыннисем валли—паха продукци"

Сĕмĕрлери сĕтел-пукан тăвакан комбинатри партбюро секретарĕ А. Серов юлташ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра мартăн 6-мĕшĕнче пичетленнĕ «Ĕççыннисем валли—паха продукци» ятлă çырура фактсене тĕрĕс кăтартса пани, çырăва партбюро ларăвĕнче сÿтсе явни çинчен пĕлтерчĕ.

Партбюро цех начальникĕсене—Ивановпа Сычев юлташсене продукци пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнма хушнă; цехсенчи коммунистсен пухăвĕсенче продукци пахалăхне лайăхлатасси çинчен ятарласа сÿтсе явма йышăннă.

Партбюро çавăн пекех комбинатăн главнăй инженерĕпе техникăлла контроль начальникне продукци пахалăхне лайăхлатас ыйтупа конференци ирттерме хушнă.

# Советсен яланхи комиссийĕсен ĕçне организацилесси çинчен

Пирĕн çĕршывра ĕççыннисен йышлă массисем государство ĕçне активлă хутшăнаççĕ. Советсен ĕçне, государство ĕçне туса пыма ĕççыннисене хутшăнтармалли чи паха май вăл—вырăнти Советсен яланхи комиссийĕсем. Яланхи комиссисене Советсене ĕçре пулăшса пыма тăваççĕ. Вăл комиссисен ĕçне йышлă актив хутшăнать. Çак комиссисемпе актив урлă Советсем ĕççыннисен массисемпе тытакан çыхăнăва пĕрмаях çирĕплетсе пыраççĕ.

Хуçалăхпа культура строительствин задачисене, Советпа унăн исполкомĕ тата государствăн аслă органĕсем йышăннă решенисене пурнăçлас ĕçре яланхи комиссисем Советсене пысăк пулăшу параççĕ.

Яланхи комиссисен Советсене халăх хуçалăх планĕсене ăнăçлăн тултарас, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатас тата культурине ÿстерес ĕçсене лайăх йĕркелеме, çавăн пекех вырăнти Совет умĕнче тăракан ытти задачăсене пурнăçлама пулăшас пулать. Комиссисем вырăнти Советсен паллăрах мероприятийĕсен тата решенийĕсен проекчĕсене хатĕрлес ĕçе хутшăнаççĕ. Яланхи комиссисем урлă Совет предприятисем, МТС-сем, колхозсем, социальнă-культурăллă учрежденисем тата ытти организацисем партипе правительство кăтартăвĕсене мĕнле пурнăçласа пынине тĕрĕслет.

Яланхи комиссисем Советсен массăллă органĕсем пулса тăраççĕ. Вĕсен ĕçне, депутатсемсĕр пуçне, вунпин пин активист хутшăнать. Комиссисем Советсене ĕççыннисен йышлă массисемпе тачă çыхăнтарса тăраççĕ. Çавăнпа та комиссисен ĕçне тĕрĕс организациленни пĕтерĕшĕ пысăк. Комиссисен ĕç формисемпе меслечĕсем нумай. Вĕсем пĕрмаях хутшăнса тата лайăхланса пыраççĕ. Кунта вĕсенчен чи нумай саралнă паллăрах формăсене кăна кăтартатпăр. Вĕсен шутне çаксем кĕреççĕ: комисси ларăвĕсене ирттересси; исполком пайĕсен, предприятисемпе учрежденисен, колхозсен ĕçне тĕрĕслесси; Совет сессийĕсенче тата унăн исполкомĕн ларăвĕсенче комиссисем содокладсем туса парасси; актив канашлăвĕсем тата халăх хушшинче калаçусем ирттересси; Совет сессийĕсенче комиссисем хăйсен ĕçĕсем çинчен отчетсем туса парасси. Çак формăсемпе меслетсене ĕçре тĕрĕслесе пăхнă, вĕсем усăллă та кирлĕ пулни уççăнах палăрнă. Вырăнти Советсен сессийĕсене хатĕрлес ĕçе комиссисем активлă хутшăннă çĕрте сессисем лайăх, пысăк активлăхпа иртеççĕ. Ун пек чухне комиссисем сессире сÿтсе явакан ыйтусем тăрăх содокладсем тăваççĕ, хăйсен сĕнĕвĕсем çинчен пĕлтереççĕ.

Вырăнти Советсен яланхи комиссийĕсем мĕнле пысăк ĕçсем туса тăнине çак тĕслĕхсенчен те лайăх курма пулать. Йĕпреç районĕнчи Кировă ял Совечĕн яланхи комиссийĕсем паллăрах ыйтусене сÿтсе явма тăтăшах ларусем ирттереççĕ. Сăмахран, 1952 çулта ялхуçалăх комиссийĕ тăватă лару, финанспа бюджет комиссийĕ пилĕк лару, халăха вĕрентес тĕлĕшпе ĕçлекен комисси виçĕ лару ирттернĕ. Çав ларусенче вĕсем хăйсем умĕнче тăракан тĕп задачăсене сÿтсе явнă, вĕсене пурнăçа кĕртмелли мероприятисене палăртнă, комиссисен календарлă планĕсене пăхса тухса çирĕплетнĕ, комисси членĕсемпе активисчĕсем хăйсене хушнă ĕçе мĕнле туса пыни çинчен сÿтсе явнă, Советпа унăн исполкомне тăратмалли сĕнÿсене йышăннă.

Кунта уйрăмах финанспа бюджет комиссийĕ йĕркеллĕ ĕçлесе пырать. СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство заемне (1952 çулхи выпуск) сарнă вăхăтра çак комисси халăха заем çинчен лайăх ăнлантарса панă, ку ĕçе ялти актива йышлăн хутшăнтарнă. Çавна пула пĕр уйăх хушшинче заем укçине пĕтĕмĕшпех пухса çитернĕ. Финанспа бюджет комиссийĕ халăх укçи-тенкине мобилизацилес ĕçре ял Советне нумай пулăшать. Çавна пула Кировă ял Совечĕ халăхран укçа пухмалли плана кашни кварталтах ирттерсе тултарать.

Ялхуçалăх комиссийĕ те лайăх ĕçлет. Вăл хăйĕн ĕçне план тăрăх туса пырать. Комисси социализмла ялхуçалăхне аталантарас ыйтусене вăхăтра татса парать. Комисси Киров ячĕпе тăракан колхоз хуçалăхне çирĕплетсе малалла аталантарас ыйтусене час-часах сÿтсе явать, колхоза ĕçре пулăшать. Комисси тырпул пухса кĕртмелли графика тултарса пырассишĕн, тырпула лайăх, нимĕн тăккаламасăр пухса кĕртессишĕн тăрăшнă, авăн çапас, тырра тасатса типĕтес ĕçсене организацилеме пулăшнă, колхозăн пĕрремĕш тивĕçне пурнăçлама — государствăна тырă парса татма çине тăрса кĕрешнĕ. Комисси членĕсем тата активистсем колхозра малта пыракансен стахановла ĕç опытне сарнă. Вĕсем колхозниксене сăмахпа кăна мар, хăйсен ĕçĕпе хавхалантарнă. Киров ячĕпе тăракан колхоз ялхуçалăх ĕçĕсене пурне те кĕске срокра тата агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх туса ирттернĕ, государство планне пур культурăсен тухăçлăхне ÿстерес енĕпе те тултарнă. Колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес задачăна та ăнăçлă пурнăçланă. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарнипе Киров ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнчи колхозниксем закон тăрăх государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парас енĕпе виçĕ çуллăха çăмăллăх илнĕ, вĕсен хуçалăхĕсен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормине 10 процент чакарнă.

Йĕпреç поселок Совечĕн яланхи комиссийĕсем Совет сессийĕсенче час-часах содокладсем туса параççĕ. Поселок Совечĕн исполкомĕ Совет сессийĕнче мĕнле ыйтусене пăхса тухма палăртни çинчен яланхи комиссисене малтанах пĕлтерсе хурать, комиссисене çав ыйтусене сÿтсе явма хатĕрлес ĕçе хутшăнтарать. Комиссисем паракан сĕнÿсене тĕплĕн пăхса тухса, исполком тивĕçлĕ решенисем йышăнать. Благоустройство тĕлĕшпе ĕçлекен комисси поселока йĕркелесе илемлетес тĕлĕшпе исполкома хăйĕн сĕнĕвĕсене панă. Комисси материалĕсем тăрăх исполком поселока çуллахи вăхăтра йĕркелесе лайăхлатма тĕплĕ план туса, ăна сÿтсе явма поселок Советне тăратнă. Совет плана çирĕплетнĕ. Планра обществăлла çурт-йĕрсемпе пурăнмалли çуртсене культурăлла тирпейлеме, урамсене лайăхлатма, кĕперсене, пусăсемпе çăлсене юсама, йывăçсем лартма палăртнă пулнă. Çак ĕçсене туса ирттерме поселок Совечĕн бюджетĕнче укçа-тенкĕ çителĕксĕр пулнă пирки комисси поселокра пурăнакансене хăйсен ирĕкĕпе çак ĕçсене тума хутшăнтарма сĕннĕ. Исполком яланхи комиссипе пĕрле, çав палăртнă ĕçсене пурнăçа кĕртес тесе, халăх хушшинче организацилле пысăк ĕçсем туса ирттернĕ, темиçе хутчен воскресник организациленĕ. Çапла вара çĕнĕрен 523 метр тротуар сарнă, 300 метр тăршшĕ тротуара юсанă. Çĕнĕрен 469 метр карта тытнă, 1.100 метр урам юсанă. Йывăçсем лартмалли плана 161 процент тултарнă, вĕсенчен 40 процент çимĕç йывăççисем лартнă. Энгельс урамĕнче çĕнĕрен 500 метр тăршшĕ çул тунă.

Исполкомсем яланхи комиссисене пулăшса, вĕсен пуçарăвне аталантарса, мĕн-мĕн тумаллине кăтартса пынă çĕрте комиссисем уйрăмах лайăх ĕçлеççĕ.

Комиссисем нумайăшĕ паха та кирлĕ ĕçсем туса пынипе пĕрлех, вĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем те, хăш чухне йăнăшсем те пулаççĕ. Вăл час-часах вырăнти Советсенче ĕçлекен хăшпĕр работниксем яланхи комиссисен прависемпе обязанноçĕсем çинчен çителĕклĕ пĕлменнинчен килет. Сăмахран, Улатăр районĕнчи Ямско-Посадски ял Совечĕн исполкомĕ хăйĕн решенийĕнче бюджет комиссине канашлу пухса, заем сарасси çинчен сÿтсе явма хушнă. Красноармейски районĕнчи Яманак ял Совечĕ яланхи пур комиссисен председателĕсене те: «халех ĕç планĕ туса, ăна ял Совет исполкомĕн ларăвĕнче çирĕплетме тăратăр», тесе хушнă. Комиссисем исполкомпа килĕштерсе ĕçлеççĕ, пĕр-пĕрне пулăшса пыраççĕ, анчах исполкома пăхăнса тăмаççĕ. Исполком комиссисене хушса тăма, заданисем пама, хăйсен ĕçĕсем çинчен вĕсенчен отчет ыйтма, вĕсен планĕсене çирĕплетме е улăштарма пултараймасть. Яланхи комиссисем, Совет органĕсем пулса, исполкома мар, Совета пăхăнса тăраççĕ, анчах исполком яланхи комиссисемпе тачă çыхăну тытмалла. Исполком Советăн яланхи комиссийĕсене пур майсемпе те пулăшса пымалла, вĕсене хуçалăхпа культура строительствинчи ĕçĕсене активлăн хутшăнтармалла.

Йышăннă решенисене пурнăçа кĕртнине тĕрĕслес ĕçре комиссисем Советсене пысăк пулăшу параççĕ. Вĕсем ĕç мĕнле тăнине тĕрĕслесе тухса, исполкомра решени йышăнма хăйсен сĕнĕвĕсене тăратаççĕ. Комиссисем предприятисен, хуçалăх организацийĕсен тата культурăпа сÿтĕç учрежденийĕсен ĕçне тĕрĕслеççĕ, анчах çавăн чухне вĕсен кулленхи ĕçне комиссисем хăйсем хутшăнмаççĕ. Учрежденисемпе организацисем мĕнле ĕçлени çинчен комиссисем хăйсен ларăвĕсенче нимĕнле отчет та итлемеççĕ, нимĕнле решени те йышăнмаççĕ. Вĕсем тĕрĕслесе пĕлнĕ материала пăхса тухаççĕ, предприяти, учреждени е организаци руководителĕсен отчечĕсене исполкомра е Совет сессийĕнче пăхса тухма сĕнеççĕ. Комиссисем çав отчетсем тăрăх хăйсен сĕнĕвĕсене параççĕ.

Комиссин хăйĕн ĕçне пĕр тĕллевпе тата йĕркеллĕ туса пыма конкретлă ĕç планĕ пулмалла. Опыт кăтартнă тăрăх, ĕç планне виç-тăватă уйăхлăха тусан аван, планра комиссин кашни членне пĕр-пĕр ĕç хушмалла. Комиссисен планĕнче исполком тума палăртнă ĕçсене шута илес пулать. Анчах ку исполком ирттерекен пур ĕçсене те комисси хутшăнмалла тенине пĕлтермест. Комиссисемпе исполком пĕр ĕçсене тумах пĕр-пĕрне пулăшмалла.

Советсен сессийĕсенче комиссисен отчечĕсене час-часах итлемелле. Отчетсем итлени усăллă. Çавăн пек туни комиссисен ĕçне тĕрĕсленипе пĕрлех, вĕсен ĕçне малалла лайăхлатма май парать. Совет комиссисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртса, вĕсен ĕçне мĕнле лайăхлатмаллине кăтартса парать. Комиссисем хăйсен ĕçĕсем çинчен ĕççыннисем умĕнче отчет туса пани те вĕсен ĕçне лайăхлатма нумай пулăшать. Депутатсен, хăйсен ĕçĕ çинчен суйлавçăсем умĕнче отчет тунă чухне, яланхăх комиссисен ĕçĕсем çинчен тата çав комиссисенче хăйсем мĕнле ĕçлени çинчен тĕплĕн каласа парас пулать. Комиссисем суйлавçăсем панă наказсене пурнăçлассишĕн тăрăшма тивĕçлĕ.

Йышлă активпа çирĕп çыхăну тытни яланхи комиссисен вăйне ÿстерет. Вĕсем вырăнти Советсемпе ĕççынни массисем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетсе пыраççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ совет халăхĕ умне тăратнă аслă задачăсене пурнăçа кĕртме ĕççыннисене лайăхрах мобилизацилеме вырăнти Советсен яланхи комиссисене ытларах хутшăнтарас пулать.

М. РОДИОНОВ.



Албани халӑх правительстви халӑх хуҫалӑхӗнче тата культура строительстви енӗпе ӗҫлеме ӑста кадрсем хатӗрлеме тӑрӑшать. Халӑх влаҫӗ пуличчен ҫӗршывра аслӑ шкул пулман. Халӗ ҫичӗ аслӑ шкул ӗҫлеҫҫӗ.
ӲКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: Ялхуҫалӑх институчӗн пӗр лабораторийӗнче.
АЛБАНИ ТЕЛЕГРАФ АГЕНТСТВИН фотоӳкерчӗкӗ.

# Аслӑ Ленин ячӗпе

БУДАПЕШТ, апрелӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Венгри Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗн председателӗ Матиас Ракоши патӗнче Диошдьери металлурги комбинатӗнчи рабочисен делегацийӗ пулнӑ. Делегаци комбината пӗтӗм тӗнчери пролетариатӑн вилӗмсӗр ҫулпуҫӗн В. И. Ленинӑн ятне пама ыйтнӑ.

Делегаци Матиас Ракоши юлташа рабочисем ҫырнӑ ҫырӑва панӑ. Ҫырура рабочисен коллективӗ комбината В. И. Ленин ятне пама ыйтни ҫинчен тата иккӗмӗш квартал планне-ирттерсе тултарма пулни ҫинчен ҫырнӑ. Комбинат коллективӗ планран ирттерсе 6 миллион форинт чухлӗ продукци туса кӑларма тата оборотри укҫа-тенкӗ хисепне 19 миллион форинт чухлӗ чакарма пулнӑ.

Эпир, тенӗ ҫырура, пирӗн халӑхӑн ытти миллионшар ывӑлӗсем пекех, хамӑрӑн телейлӗ, чечекленекен Тӑван ҫӗршыв аталанӑвӗшӗн, хамӑрӑн телейлӗ малашлӑхшӑн хӑватлӑ Совет Союзне тав тума тивӗҫлӗ.

Пирӗн мӗнпур ҫитӗнӳсемпе ҫӗнтерӳсен ҫӑлкуҫӗ аслӑ Совет Союзӗ пулса тӑнине эпир питӗ лайӑх пӗлетпӗр.

Матиас Ракоши юлташ Диошдьери металлурги комбинатӗнчи рабочисен коллективӗн ҫырӑвне Министрсен Советӗнче пӑхса тухма тӑратасси ҫинчен пӗлтернӗ.

Матиас Ракоши юлташ рабочисен Диошдьери металлурги комбиначӗн коллективне социализмла ӑмӑртура яланах малта пыма тата Венгри халӑхӗн телейлӗ пурнӑҫӗпе миршӗн ӑнӑҫлӑ кӗрешме ырӑ суннӑ.

## Аргентинӑра И. В. Сталин юлташӑн „ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем“ ятлӑ произведенине пичетлесе кӑларни

БУЭНОС-АЙРЕС, апрелӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). «Фундаментос» издательстви И. В. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ произведенине 10.000 экземпляр пичетлесе кӑларнӑ. Ҫак тиража кӗске вӑхӑтрах сутса пӗтернӗ. Издательство И. В. Сталин юлташӑн ҫакӑ произведенине тепӗр хут 10.000 экземпляр пичетлесе кӑларма хатӗрленет.

Аргентинӑра ҫавӑн пекех тата КПСС XIX-мӗш съездӗнче Г. М. Маленков юлташ тунӑ отчетлӑ доклада тата Сабуров юлташ пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план ҫинчен тунӑ доклада 10.000 экземпляр пичетлесе кӑларнӑ. Вӗсем те кӗске вӑхӑтрах сутӑнса пӗтнӗ. Халӗ ҫак материалсене иккӗмӗш хут пичетлесе кӑларма хатӗрленеҫҫӗ. Кунпа пӗрлех тата КПСС XIX-мӗш съездӗн пӗтӗм материалӗсене пӗр кӗнеке туса пичетлесе кӑлараҫҫӗ.

## Польшӑпа Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществисен членӗсен йышӗ ӳсет

ВАРШАВА, апрелӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Польшӑпа Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществин главнӑй правленийӗ пресс-конференци ирттернӗ. Пресс-конференципе обществӑн главнӑй правлени председателӗн заместителӗ Стефан Матушевский тухса каланӑ. Вӑл Польша халӑхӗ, ӗҫҫыннисен аслӑ ҫулпуҫӗпе учителӗ И. В. Сталин хупса хӑварнисене пурнӑҫласа, совет халӑхӗпе тытакан тӑванла ҫыхӑнӑва тӗреклетсе пыни ҫинчен каланӑ.

«Петровский» шахта коллективӗ чӗннипе Польшӑпа Совет Союзӗ хушшинчи ҫыхӑну обществин членне рабочисем, служащисем, хресченсем, студентсем йышлӑн кӗреҫҫӗ. Познаньри И. В. Сталин ячӗпе тӑракан машинӑсем тӑвакан заводра общество членне 12 пин ҫын. Ҫӗнӗ Гута металлурги комбиначӗн строительствинче — 11.000 ҫын ытла, Кутно хулинче 10 пин ҫын ытла кӗнӗ.

Матушевский палӑртнӑ тӑрӑх, хальхи вӑхӑтра Польшӑпа Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществи членӗсем 5 миллион ҫын ытла шутланаҫҫӗ. Ялсенче общество членӗсен йышӗ икӗ хута яхӑн ӳснӗ.

### ЕГИПЕТ ХАЛӐХӖ АНГЛИ ҪАРӖСЕНЕ СУЭЦ КАНАЛӖ ТӐРАХӖНЧЕН ХАЛЕХ ИЛСЕ ТУХМА ЫЙТАТЬ

КАИР, апрелӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Ҫитес вӑхӑтра Англипе Египет хушшинче Англи ҫарӗсене Суэц каналӗ тӑрӑхӗнчен илсе тухас ыйту пирки калаҫусем пуҫланмалла. Ҫакна май Египетра тухакан хаҫатсем нумай статьясем пичетлеҫҫӗ. Вӑл статьясем Египет халӑхӗ Англи ҫарӗсене Египет территорийӗнчен халех тата пӗтӗмпех илсе тухмалла тӑвассишӗн тӑнине кӑтартаҫҫӗ.

«Аль-Мусаввар» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Египет халӑхӗ правительствӑран Англи оккупацине яланлӑхах пӗтерме ыйтать. Халӑх правительствӑна ҫапла калать: эпир Англи ҫарӗсене хамӑр ҫӗршывран чӑннипех илсе тухмалла тӑвассишӗн тӑратпӑр. Эпир хамӑр ҫӗршыва Англипе пӗрле хӳтӗлеме палӑртакан планпа ҫыхӑннӑ обязательствӑсене йышӑнма килӗшместпӗр.

# Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ВЕРХОВНАЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, апрелӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ: иртнӗ кун хушшинче Корея Халӑх ҫарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен чаҫӗсем фронтӑн виҫӗ участокӗнче тӑшманӑн разведка тӑвакан отрячӗсене хирӗҫ ҫапӑҫнӑ.

Халӑх ҫарӗн зенитнӑй чаҫӗсем тата самолетсене хирӗҫ кӗрешекен салтӑкӗсем паян тӑшманӑн 8 самолетне персе ӳкернӗ.

## Францири ӗҫҫыннисем хӑйсен прависемшӗн кӗрешеҫҫӗ

ПАРИЖ, апрелӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). «Юманите» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Париж районӗнчи больницӑсемпе коммунальнӑй предприятисенче ӗҫлекен рабочисем, профсоюзсем чӗннипе, ӗҫ укҫи ӳстерме ыйтса ӗнер 24 сехетлӗхе забастовка ирттернӗ. Тинӗс флотӗнче ӗҫлекен рабочисем те ӗнер кӗске вӑхӑтлӑха забастовка тунӑ. Тулон арсеналӗнче 8.500 ҫын ӗҫ пӑрахнӑ. Брест хулинче, тӗрлӗ профсоюз организацийӗсем чӗнсе каланине кӗске вӑхӑтлӑха забастовка тунӑ хыҫҫӑн, тинӗс флочӗн арсеналӗнче ӗҫлекен рабочисем митинга пухӑннӑ. Вӗсем Пӗтӗм Францири ӗҫлев конфедерацийӗн руководителӗсемпе ытти патриотсене халӑх тӗрмерен кӑларма ыйтса резолюци йышӑннӑ.

Ӗҫ укҫи ӳстерессишӗн «Рено» автомобиль заводӗнчи рабочисем ӑнӑҫлӑ кӗрешеҫҫӗ. Икӗ цехра ӗҫ пачах чарӑнсаларнӑ. Ку цехсенче пӗтӗмпе 5 пин ҫын ӗҫлет. Администраци рабочисене ӗҫрен кӑларса яма йышӑннӑ. Апла пулсан та, рабочисем заводран тухса каймаҫҫӗ. Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, икӗ цехри рабочисен забастовки пӗтӗм заводри ӗҫе чарса лартма пултарать.

Сена департаментӗнчи Женвилье хулинчи «Шоссон» предприятийӗнче рабочисем ҫур сехет хушши забастовка тунӑ хыҫҫӑн, администраци рабочисен ӗҫ укҫине 5 процент таран ӳстерме килӗшнӗ.

### БУНДЕСРАТ ҪАР ДОГОВОРӖСЕНЕ ҪИРӖПЛЕТЕССИНЕ ТЕПӖР ВӐХӐТА ХӐВАРНӐ

БЕРЛИН, апрелӗн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Паян Бонн парламенчӗн аслӑ палати (бундесрат) Бонра тата Парижра ҫырса хатӗрленӗ ҫар договорӗсене ҫирӗплетесси ҫинчен сӳтсе явнӑ.

Бонн парламенчӗн кӗҫӗн палати (бундестаг) ҫак договорсене кӑҫалхи мартӑн 19-мӗшӗнче, нимӗҫ халӑхӗ хирӗҫнине пӑхмасӑр, ҫирӗплетнӗ пулнӑ. Бонра тата Парижра ҫырса хатӗрленӗ договорсем законлӑ вӑй илме пултарччӑр тесен, вӗсене бундесратра ҫирӗплетмелле. Кунсӑр пуҫне тата ҫак договорсем пирки Хӗвеланӑҫ Германири федеральнӑй конституци сучӗ решени йышӑнни кирлӗ, мӗншӗн тесен ҫак договорсем конституцие хирӗҫ пыни ҫинчен федеральнӑй суда официальнӑй йӗркепе заявлени панӑ.

Апла пулсан та, ҫак агрессилле договорсене хӑвӑртрах пурнӑҫа кӗртмелле тӑвас тесе, конституци сучӗ решени йышӑнасса кӗтмесӗрех, Бонра тата Парижра ҫырса хатӗрленӗ ҫар договорӗсене ҫирӗплетме Аденауэр апрелӗн 24-мӗшӗнче бундесрата тӑратнӑ.

Бундесратра Аденауэр депутатсене пур майсемпе те ҫак договорсене йышӑнтарттарма тӑрӑшнӑ. Аденауэрпа унӑн майлӑ тӑракан ҫынсем темӗн пек хӗснӗ пулсан та, бундесрат ҫак договорсене, вӗсем пирки федеральнӑй суд решени йышӑниччен ҫирӗплетме килӗшмен, вӗсене ҫирӗплетессине тепӗр вӑхӑта хӑвармалла тунӑ. Договорсене ҫирӗплетессине тепӗр вӑхӑта хӑварассишӗн 20 ҫын, вӗсене ҫирӗплетессишӗн 18 ҫын сасӑланӑ.

Аденауэр тата унӑн майлӑ тӑракан ҫынсем ҫакӑн пек поражени тӳсни вӑл ӗҫҫыннисем Бонн правительствин политикине хирӗҫ тӑнине кӑтартать.

# Тӗнчери лару-тӑру ыйтӑвӗсем

### ХУҪА-ГЕНЕРАЛСЕМ

Пӗрлешӳллӗ Штатсен отставкӑна тухнӑ авиаци полковникӗ Уильям Неблетт, темӗнле сӑлтавпа, США правительствин вӑрҫӑ заказӗсене пурнӑҫланӑ чухне фирмӑсем чее хӑтланни ҫинчен каланӑ. Вӑл вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче Макартур штабӗнче те, Пентагонра*) та ӗҫленӗ.

Уильям Неблетт, вӑрҫӑччен юрист пулнӑскер, отставкӑна тухнӑ хыҫҫӑн каллех юрист ӗҫне тытӑннӑ. Вӑл «Нейшн» журналта статья ҫырса кӑларнӑ. «Пирӗн ума халӗ ӗнтӗ ҫӗнӗ йышши паллӑ ҫын тухса тӑчӗ,—тесе ҫырать Неблетт хӑйӗн статьинче отставкӑри генералсем ҫинчен.—Вӑл ҫын—отставкӑна тухнӑ генерал е адмирал. Ҫав ҫын хӑй генерал пулнине пӗлтерекен тӑвата ҫӑлтӑра халӗ ӗнтӗ миллионшар усламлпа улӑштарчӗ. Ун пек ҫынсем оборона промышленноҫӗнче пысӑкрах вырӑнсем йышӑнма ҫар службинчен тухаҫҫӗ. Вӗсем хӑйсене ӗҫлеме илекен компанисене ҫав тери пысӑк тупӑш илме пулӑшаҫҫӗ, мӗншӗн тесен правительство заказӗсене камран илмеллине вӗсем питӗ лайӑх пӗлсе тӑраҫҫӗ, правительство заказӗсем паракан ҫынсене ӗлӗкрех вӗсем хӑйсемех ӗҫе лартнӑ пулнӑ».

Ҫавӑн пек ӗҫлӗ генералсенчен пуринчен ытла Дуглас Макартур, Корейӑра вӑрӑ-хурахла вӑрҫӑ пуҫаракансенчен пӗри, паллӑ вырӑн йышӑнать. Вӑл халӗ «Ремингтон ренд» компани правленийӗн председателӗ. Ҫав компани пичетлемелли машинкӑсем туса кӑларать тата ҫар промышленноҫӗнче те пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать.

Отставкӑри генерал пулнӑ май Макартур халӗ кашни ҫулталӑкра 19.531 доллар та 84 цент пенси илсе тӑрать. Компани ӑна, ҫар заказӗсем тупса парса тӑнӑшӑн, кашни ҫулталӑкра 100-шер пин доллар парать.

Ҫак компанин хальхи вице-президенчӗ—отставкӑри генерал-лейтенант Лесли Гровс хӑй вӑхӑтӗнче ятарласа хӗҫпӑшал тӑвакан проект бюроне ертсе пынӑ. Ун чухне вӑл комиссисенче атом бомбине кӑна мухтанӑ, ытти хӗҫпӑшалсем атом бомби умӗнче ним вырӑнне те тӑмаҫҫӗ тесе, чылай промышленниксене хӳрентернӗ. Промышленниксем вара урӑхла ҫул тупнӑ: вӗсем Гровса хӑйсем патне службӑна илнӗ. Унтанпа ҫак генерал хӑй ӗлӗк хурланӑ хӗҫпӑшала правительствӑна сутса тӑрать.

Генерал Сомервелл вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче, хӑй интентанд службин начальникӗ пулнӑ май, ҫар валли кирлӗ материалсем тупса илес енӗпе ӗҫлекен тӗп агент пулнӑ. Халӗ Сомервелл—ҫурмаавтоматла тупӑсем туса кӑларакан Копперс-компанин президенчӗ тата Карборундум корпорейшн ятлӑ химик компанин директорӗ. Укӑн Пентагонра пысӑк ҫыхӑнусем пур. Ҫак генералӑн чее ӗҫӗсене питӗ пысӑка хурса хаклаҫҫӗ. пӗр Копперс-компани кӑна ӑна ҫулсерен 125-шер пин доллар тӳлет.

Консолидейтед Валти эйркрафт корпорейшн—самолетсем тӑвакан пысӑк фирма. Вӑл Б-36 йышши бомбардировщиксемпе ытти тӗрлӗ ҫар самолечӗсем нумай туса кӑларать. Ҫак фирма Джозеф Макнерни генерала, ӗлӗкрех оборона министрӗн помощникӗ пулнӑскере, сутӑн илнӗ. Ҫӗнӗ йышши вӑрҫӑ хатӗрӗсене ырласа йышӑнасси тата вӗсене пӑрахӑҫласси пӗтӗмпех ҫак генералтан килнӗ. Хӗҫпӑшална ытти вӑрҫӑ хатӗрӗсем илме конгресс уйӑрса паракан нумай укҫана та вӑлах расходланӑ.

Макнерни хӑй вӑхӑтӗнче конгреса Б-36 йышши самолетсем ытларах туса кӑларма кирли ҫинчен ӗнентернӗ пулнӑ. Ҫакӑ вара компание услам нумай илме май панӑ. Халӗ, паллах ӗнтӗ, фирма генерала тав тӑвать.

Кун пек тӗслӗхсем нумай кӑтартса пама пулать. Анчах кунта калани сем те ҫителӗклӗ. Генералсем хуҫасем пулса тӑраҫҫӗ, хуҫасем генерал мундирӗсемпе дипломат фракӗсене тӑхӑнаҫҫӗ. Пӗрлешӳллӗ Штатсенчи пуҫ пулса тӑракан ушкӑнсем услам илес тата пуян ӗҫре хӑйсене пӑхӑнтарнӑ аппаратпа сӗмсӗррӗн тата намӑҫа пӗлмесӗр усӑ кураҫҫӗ.

*) США ҫар министерствинче.

### ЯНКИСЕМ АНГЛИРЕ

Америка журналӗ «Зис уик мэгэзин» хӑйӗн вулаканӗсене савӑнтарнӑ. Ҫак журналӑн Лондонри корреспонденчӗ американецсем Британи утравӗсем ҫинче мӗнле алхасса пурӑнни ҫинчен Америка журналисчӗсен яланхи пӳтсӗр чӗлхипе ҫырса пӗлтернӗ.

Журнала уҫсан, пуринчен малтанах пӗтӗм страница урлӑшӗпе «Янкисем Англире» тесе пысӑккӑн ҫырнӑ заголовок куҫа курӑнса каять. Американецсем Англире мӗнле пурӑннине пӗлес пулсан вара, статьине вулама та кирлӗ мар, фотоӳкерчӗксем ҫине пӑхнипех вӗсен пурнӑҫӗ ҫинчен лайӑх пӗлме пулать.

Пӗрремӗш ӳкерчӗк ҫинче—аэродром ҫинче хӑйне-хӑй мӑнкӑмӑлланса савӑнакан Америка салтакне куратӑн. Ӳкерчӗк айне ҫырнине вуласан, ҫакна пӗлетӗн: 48 пин американец хӑйсем унта пулнипе Англи ҫӗрне телей кӳреҫҫӗ иккен.

Унпа юнашар ӳкерчӗк ҫинче—поварсем бифштекс хатӗрлеҫҫӗ. Ӳкерчӗк айне ҫапла ҫырса хунӑ: «Бифштекссене Америка салтакӗсем валли ятарласа урӑх ҫӗршывран кӳрсе килнӗ. Ытла та пӗчӗк нормӑпа ҫисе пурӑнакан англичансен сӗлехи юхать».

Ҫур страница йышӑнакан пысӑк ӳкерчӗк ҫинче—ресторан. Ресторанти пӗр сӗтел хушшинче Америкӑн икӗ салтакӗ, йӗркерен тухса кайнӑскерсем, Англи хӗрӗсене хӑналантараҫҫӗ. Вӗсем ҫине Англи салтакӗ ним тума пӗлмесӗр тӗлӗнсе пӑхса ларать. Ку ӳкерчӗкӗ айне те тӗлӗнмелле ҫырнӑ: «Экономика тӗлӗшӗнчен малта пыни. Америкӑн укҫа нумай илекен летчикӗсем Англи хӗрӗсене мӗнле хӑналантарнине Англи салтакӗ салхуллӑн пӑхса ларать».

Ытти ӳкерчӗксем американец-полицейски американецсен шкул ачисене лартма автобуса чарнине, Америка хӗрӗсем хӑйсен магазинӗсенчен кӗпе-тумтир илнине (англичансем питӗ пӗчӗк нормӑпа кӑна илме пултараҫҫӗ) кӑтартса панӑ.

Статьинче ҫакӑн ҫинчен каланӑ. Великобритани авианосец туса хурас тесе, ку ҫӗршывра Америкӑн сывлӑшри вӑйӗсен 35 пин ҫар служащийӗсене вырнаҫтарнӑ; кунсӑр пуҫне, вӗсен арӑмӗсемпе ачисене—8 пин ҫынна тата Америкӑн ҫӗр ҫинчи ҫарӗсемпе строительство ҫарӗсен чаҫӗсене—пурӗ 5 пин ҫар ҫыннине илсе килсе вырнаҫтарнӑ.

«Америка базисене пӗтӗмпех ячӗшӗн кӑна,—тесе ҫырать журнал,—Англин сывлӑш ҫар базисем тесе калаҫҫӗ. Ҫак суя сӑмаха никам та ӗненмест. Анчах вӑл англичанинӑн йывӑр хурлӑхне пӑртак лӑплантарма пулӑшать, мӗншӗн тесен англичанинӑн Англи территорийӗн участокӗ ҫине кӗме те Америкӑн ҫар полицейскинчен ирӗк ыйтмалла».

Америка оккупанчӗсем Англи ҫӗрӗ ҫинче иртӗхнине курса тӑракан англичанинсен йывӑр хурлӑхне пусӑрӑнтарма пулӗ-и вара? Кун пирки иккӗленме тивет. Нумай долларлӑ американецсем хватер укҫине, апат-ҫимӗҫ хакӗсене вӗҫӗмсӗр ӳстереҫҫӗ, отельсене туртса илеҫҫӗ.

Американецсем Англи ҫӗрӗ ҫине пырса тулни ҫинчен журнал ҫапла ҫырать: «Ҫакӑ вӑл мирлӗ вӑхӑтра Британи утравӗсене «оккупацилени» пулать, тет.

Кунтан уҫҫӑн калаймӑн та.

О. АФАНАСЬЕВА.

# Перекет кассисенче

## Республикӑра чи лайӑххисем

Шупашкарти электроаппаратура завочӗ ҫумӗнчи перекет касси (заведующийӗ Е. Зуева, кассир О. Калентьева) вкладсемпе вкладчиксен хисепне ӳстермелли задание яланах ирттерсе тултарать. Кӑҫалхи пӗрремӗш квартал планне вкладсем енӗпе 173 процент пурнӑҫланӑ. Советсен сурчӗ ҫумӗнчи перекет касси (контролер Е. Семенова) вкладсен суммине ӳстермелли задание 528 процент тултарнӑ.

Ҫак перекет кассисене икӗ кварталта перекет кассисен управленийӗпе финанспа банк работникӗсен профсоюзӗн обкомӗ «Республикӑри чи лайӑх перекет касси» ятне панӑ, унта ӗҫлекенсене укҫа парса премиленӗ.

## Вкладчиксен йышӗ ӳсет

Промышленность таварӗсемпе апат-ҫимӗҫ продукчӗсен хакӗ ҫултан-ҫул йӳнелсе пыни ӗҫҫыннисен ӗҫ укҫине чылай ӳстерчӗ, укҫа-тенкӗ перекетлеме май пачӗ. Ҫакӑ вӑл перекет кассине хывнӑ вкладсен сумми тата вкладчиксен хисепӗ тӑтӑшах ӳссе пынинчен те аван курӑнать.

1952 ҫулхи 1-мӗш кварталта Шупашкар хулинчи перекет кассисенче 42.176 ҫын вкладчик укҫа хунӑ е илнӗ пулсан, кӑҫал ҫав вӑхӑт хушшинче 57.325 ҫын пулнӑ. Вӗсен шутӗнче 13.470 ҫын государство заемӗсен облигацийӗсем тӑрӑх выляс укҫи илнӗ, 31.647 ҫын хӑйсем перекетленӗ укҫа-тенке перекет кассине хунӑ е илнӗ.

Шупашкар хулинче 12 перекет касси ӗҫлет. Пурӗ 18.351 вкладчик 21.316 899 тенкӗ укҫа хунӑ. Государство вӗсен укҫи-тенкине ҫирӗп сыхласа усрать, вкладсен, вкладчиксен вӑрттӑнлӑхне ҫирӗп пурнӑҫласа пырать, процент укҫи тӳлет.

1952 ҫулта Шупашкар хулинчи вкладчиксене процент укҫи 600 пин те 800 тенкӗ тӳленӗ.

### ТЕАТР РАБОТНИКӖСЕН СЕМИНАРӖ

Пӗтӗм Российӑри театр обществин чӑваш уйрӑмӗ ҫак кунсенче Чӑваш государство академи театрӗнче республикӑри театрсенче ӗҫлекен артистсен, режиссерсен, художниксен тата ытти творчествӑлла работниксен семинарне ирттерчӗ.

Пӗтӗм Российӑри театр обществинчен килнӗ М. К. Крижицкий режиссер К. С. Станиславский творчестви ҫинчен тӗплӗн каласа пачӗ.

Ҫавӑн пекех Мускавран килнӗ А. Л. Дунаев режиссер вырӑсла тата чӑвашла спектакльсене пӑхса тухса тишкӗрчӗ, спектакльсенчи ҫитменлӗхсене палӑртса, паха сӗнӳсем пачӗ.

## Тӳрлетни

«Коммунизм ялавӗ» хаҫатӑн апрелӗн 25-мӗшӗнче тухнӑ номерӗнче 4-мӗш страницӑра Совет Союзӗпе Польша хушшинчи суту-илӳ ҫинчен ҫырнӑ пӗлтерӳ ятне ҫакӑн пек тӳрлетсе вуламалла: «Совет Союзӗпе Польша хушшинчи суту-илӳ ҫинчен». Тексчӗ хаҫатра пичетленнӗ пекех.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ—апрелӗн 26-мӗшӗнче вырӑсла спектакль «Твое личное дело», апрелӗн 27-мӗшӗнче вырӑсла спектакль «Вас вызывает Таймыр». Спектакльсем 20 сехетре пуҫланаҫҫӗ.

### КИНО

«РОДИНА»—апрелӗн 26-мӗшӗнче 12 тата 14 сехетре пуҫланакан сеанссенче «Новички на стадионе», ытти сеанссенче — «Похищение»; апрелӗн 27-мӗшӗнче 12 тата 14 сехетре пуҫланакан сеанссенче «Крейсер Варяг», ытти сеанссенче—«Похищение».

«УДАРНИК»—апрелӗн 26-мӗшӗнче кӑнтӑрла «Киносборник № 31» (ачасем валли), каҫхине фильм-спектакль «Нахлебник»; апрелӗн 27-мӗшӗнче—«Шесть часов вечера после войны».

# Таджик халӑхӗн совет литератури никӗсне хываканӗ

**(Садриддин Айни ҫуралнӑранпа 75 ҫул тултарнӑ май)**

Апрелӗн 27-мӗшӗнче таджиксен паллӑ писателӗ, таджик халӑхӗн совет литератури никӗсне хываканӗ, Сталинла преми лауреачӗ Садриддин Айни ҫуралнӑранпа 75 ҫул тултарать.

Айни Соктара ятлӑ ялта (Гиджуван районӗ, Бухара облаҫӗ) чухӑн хресчен ҫемйинче ҫуралнӑ. Малтан вӑл мечете пӑхӑнса тӑракан ялти шкулта, унтан Бухарари медресере—тӗн училищинче—вӗреннӗ. 1895 ҫулсенче сӑвӑсем ҫырма тытӑннӑ.

Патшапа Бухара эмирӗсем хӗвелтухӑҫӗнчи халӑхсене, ҫав шутра таджик халӑхне, чӑтма ҫук асаплантарса, пусмӑрласа пурӑннӑ. Халӑх кун-ҫулӗ, вӑтам ӗмӗрсенчи пекех, тискер те хӑрушӑ пулнӑ. Пур ҫӗрте те ахлатнӑ сасӑ илтӗнсе тӑнӑ. Бухара хулинче пурӑнакан тӳре кӑмӑллӑ ҫынсем халӑх асапне курмасӑр тӑма пултарайман, вӗсем халӑх пурнӑҫне ҫӑмӑллатма тӑрӑшнӑ, Российӑран килекен ирӗклӗх идейисене ырланӑ, пулас кӗрешӗве хатӗрленнӗ. Ҫавӑн пек ҫынсенчен пӗри Садриддин Айни пулнӑ. Вӑл, вӑртӑн майпа ӗҫлесе, Бухара хулинчи чухӑнсене ирӗклӗх шухӑшӗсемпе хавхалантарнӑ, чунпа аса хӑртакан тӗн ҫӗрӗмӗнчен хӑтӑлма вӗрентнӗ.

Айни хӑйӗн ӗҫне пусмӑрҫӑсем курмасӑр тӑма пултарайман, вӗсем ӑна тӑтӑшах хӗсӗрлесе тӑнӑ. Ҫавӑн пирки 1915 ҫулта вӑл тӑван хулинчен вӑхӑтлӑха тухса каять, анчах таврӑнсанах (1917 ҫул) ӑна эмир палачӗсем тӗрмене тытса хупаҫҫӗ, хытӑ хӗнеҫҫӗ. Писателе Каган станцинче ӗҫлекен вырӑссем—чугун ҫул рабочийӗсем хӑтараҫҫӗ, Самарканд хулине илсе каяҫҫӗ (вӑл вӑхӑтра ҫав хулара рабочисемпе салтак депутачӗсен Совечӗ ӗҫленӗ). «Октябрь революцине эпӗ хӗрӗх ҫулта чухне кӗтсе илтӗм,—тесе ҫырнӑ Айни хӑйӗн ҫӗнӗ пурнӑҫӗ ҫинчен.—Хӗрӗх ҫулта эпӗ Октябрь шкулне вӗренме кӗтӗм. Ҫав шкул мана ҫын турӗ, хама хам эп ҫӗнӗрен ҫуралнӑ пек туйма пуҫларӑм».

Ирӗклӗхшӗн кӗрешекен писателе таврӑс тесе, Бухара эмирӗ унӑн тӑванне ҫаксӑ вӗлернӗ. Айни хӑйӗн тӑванне асӑнса элеги (хурлӑхлӑ сӑвӑ) ҫырать, ыхӑнлӑ эмирпа ун таврашӗсене влаҫран сирпӗтсе антарма пӗтӗм халӑха чӗнет. 1920 ҫулта Бухара хулинче халӑх пӑлхавӗ ҫӗкленет, совет влаҫӗ пулса тӑрать. Айни халӑх революцине хӗрӳллӗн хутшӑнакансенчен пӗри пулнӑ.

Садриддин Айни пултарулӑхӗ хаклӑхсене ирӗке кӑларнӑ Октябрьти Социализмлӑ Аслӑ революци хыҫҫӑн тӗп аталанӑн сарӑлма тытӑнать. Писатель ҫӗнӗ пурнӑҫшӑн, тӑван халӑхӑн телейӗшӗн, пӗтӗм Тӑван ҫӗршывшӑн ырми-канми ӗҫлеме пуҫлать, Самаркандпа Бухара хулинче таджикла тата узбекла тухакан хаҫатсемпе журналсенче хӑйӗн публицистикӑлла статьисемпе сатирӑлла сӑввисене, романӗсемпе повеҫӗсен сыпӑкӗсене пичетлет.

Айни—пысӑк формӑллӑ произведенисем ҫыракан писатель. Вӗсенче вӑл патша самани вӑхӑтӗнче халӑх асап курса пурӑннине кӑтартса парать, феодализм йӗркинчен юлнӑ йӑласене питлет, тӗн ҫӗрӗмӗпе кӗрешет, шкулсенчи схоластикӑна хирӗҫ тӑрать.

Унӑн «Одина» ятлӑ повеҫӗ чухӑн таджик пурнӑҫне кӑтартса парать; «Дохунда» ятлӑ романӗ тусем ҫинче пурӑнакан таджик ҫӗнӗ кунсене кӗтсе илни ҫинчен, феодализм йӗрки арканса кайни ҫинчен каласа парать; «Чурасем» ятлӑ романӗ Бухара хулинчи чухӑнсен асаплӑ пурнӑҫӗпе паллаштарать, кивӗ тӗнче пӗтни ҫинчен, ирӗклӗхпе телейлӗх самани пуҫланни ҫинчен каласа парать. Писатель чаплӗ халӑх хушшинче сарӑлнӑҫемӗн сарӑлать. Унӑн произведенийӗсем пурнӑҫа тӗплӗн те тарӑн сӑнласа параҫҫӗ. Вӑл кивӗ пурнӑҫа, кивӗ йӑлана питлет, ҫав хушӑрах Октябрьпе пӗрле ҫуралнӑ ҫӗнӗ пурнӑҫ калчисемшӗн савӑнать, ҫӗнӗ ҫын сӑн-сӑпатне туллин те хаваслӑн сӑнлать.

Айни—хальхи таджик литературин никӗсне хываканӗ тата реализмла прозӑна пуҫлаканӗ. Вӑл ҫырнӑ повеҫсемпе романсем пек произведенисем Вӑтам Ази литературинче халиччен пулман. Айни пултарулӑхне пула, таджик вулаканӗсем тӑванла вырӑс литературине хӑйсен литературине юратнӑ пек юратма тытӑнчӗҫ. Айни вырӑс вулаканӗсене таджиксен классикла литературипе паллаштарас енӗпе те пысӑк ӗҫсем турӗ. Вӑл аслӑ Горькинчен нумай вӗреннӗ, ӑна вӑл хӑйӗн учителӗ тесе хисеплет.

Садриддин Айни таджик халӑхӗн литература теорийӗпе чӗлхе ыйтӑвӗсене ҫутатас, тӗпчес тӗлӗшпе наукӑлла пысӑк ӗҫсем туса ирттерчӗ, таджик писателӗсемпе литературовечӗсене тата филологсене ӳсме, вӗренсе пыма питӗ нумай пулӑшрӗ. Сӑмахран, таджиксен культурӑллӑ пурнӑҫӗнче Айни хатӗрленӗ виҫӗ томлӑ литература антологийӗ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Айни таджик халӑхӗпе Вӑтам Азири ытти халӑхсен историне ҫырас ӗҫе те хӗрӳллӗн хутшӑнчӗ, нумай йывӑр ыйтусене татса пачӗ.

Айни—нумай енлӗ писатель, ҫав хушӑрах общество ӗҫне активлӑн хутшӑнса ӗҫлекен деятель, вӑл Таджик ССР-ӗн Наука академийӗн президенчӗ, Узбек ССР-ӗн Наука академийӗн хисеплӗ членӗ, СССР Верховнӑй Совечӗн депутачӗ.

1948 ҫулта Садриддин Айни хӑйӗн мемуарӗсене (асаилӗвӗсене) пичетлеме тытӑннӑ. Вӗсенче вӑл революцичченхи Бухара хули ҫинчен, хӑйӗн тӑван халӑхӗ асаппа хӗн-хур курса пурӑнни ҫинчен чун-чӗрене хускатакан сӑмахсемпе каласа парать. «Асаилӳсенче» эпир хурлӑхлӑ сценӑсене ҫеҫ мар, юптарса, кулҫа ҫырнисене те нумай тӗл пулатпӑр.

Садриддин Айни «Асаилӗвӗсем» паха документ пулса тӑраҫҫӗ. Вӗсенче писатель этеме этем пусмӑрланине питлет, капитализм тӗнчине ылханать, ҫав тӗнче вилӗм ҫулӗ ҫинче тӑнине кӑтартса парать.

Профессор А. СЕМЕНОВ.




РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01089 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.